ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1953 ҫул
Март
3
ЫТЛАРИКУН
№ 43 (8952)
36-мӗш ҫул тухать.
Хакӗ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



*КПСС Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ постановлени*

## Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен кунӗ—мартӑн 8-мӗшӗ ҫинчен

Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен кунне — мартӑн 8-мӗшне совет халӑхӗ кӑҫал пирӗн социализмлӑ Тӑван ҫӗршывӑн хӑвачӗ малалла ӳссе пынӑ лару-тӑрура паллӑ тӑвать. Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем коммунизм тумалли программӑна ӑнӑҫлӑн пурнӑҫа кӗртсе пыраҫҫӗ.

Социализмлӑ государство хӑватне тӗреклетес ӗҫре, Совет Союзӗнче коммунизм тӑвас ӗҫре совет хӗрарӑмӗсем пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Ленин—Сталин партийӗн идейисемпе хавхаланса, Совет ҫӗршывӗн хӗрарӑмӗсем, пӗтӗм халӑхпа пӗрле, предприятисенче, стройкӑсенче, колхозсенче, МТС-сенче, совхозсенче, учреждениссенче паттӑррӑн ӗҫлеҫҫӗ.

Хӗрарӑм-работницӑсем пысӑк ӗҫ тухӑҫлӑхӗшӗн, малта пыракан техникӑна вӗренсе ҫитессишӗн, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн, ССР Союзне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана тултарассишӗн тата иртерсе тултарассишӗн пыракан кӗрешӳре коммунистла ӑнланулӑхӑн лайӑх тӗслӗхӗсене кӑтартаҫҫӗ. Хресчен хӗрарӑмӗсем пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илессишӗн, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе пур майсемпе те аталантарассишӗн, колхозсен общественнӑлла хуҫалӑхне тӗреклетессишӗн активлӑ кӗрешеҫҫӗ.

Совет хӗрарӑмӗсем наукӑпа литературӑна тата искусствӑна аталантарас ӗҫе тимлӗн хутшӑнаҫҫӗ. ССР Союзӗнчи наукӑпа вӗрентӳ, культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсенче икӗ миллион ҫурӑ ытла хӗрарӑм ӗҫлет. Хальхи вӑхӑтра аслӑ шкулсенчен вӗренсе тухнӑ хӗрарӑм-специалистсем 900 пин ҫын ытла шутланаҫҫӗ. Пӗр миллион та икӗ ҫӗр пин хӗрарӑм ытла аслӑ шкулсемпе специальнӑй вӑтам шкулсенче вӗренеҫҫӗ.

Совет хӗрарӑмӗсем ҫутӗҫ органӗсенче пысӑк ӗҫсем тӑваҫҫӗ. Миллион ытла хӗрарӑм-учительсем ӳссе ҫитӗнекен ӑрӑва пысӑк идейӑллӑ пулма, ҫулӑмлӑ совет патриочӗсем пулма, коммунизмӑн аслӑ ӗҫне чӗререн парӑнса тӑма воспитани парас ырӑ ӗҫе хӑйсен вӑйӗсемпе пӗлӗвӗсене параҫҫӗ. Миллион ытла хӗрарӑмсем, вӑл шутра 220 пин хӗрарӑм-врачсем, поликлиникӑсенче, больницӑсенче, амбулаторисенче, санаторисенче, кану ҫурчӗсенче ӗҫлеҫҫӗ.

Совет Союзӗнчи хӗрарӑмсем хушшинче промышленноҫпа транспорт, ялхуҫалӑх новаторӗсем, наукӑпа культура деятелӗсем нумай, вӗсене пӗтӗм совет халӑхӗ хисеплесе тӑрать. 2.334 хӗрарӑма Совет Союзӗн Геройӗпе Социализмлӑ Ӗҫ Геройӗ ятне панӑ. 800 пин ытла хӗрарӑма Совет Союзӗн орденӗсемпе тата медалӗсемпе наградӑланӑ. Наука, литературӑпа искусство, изобретательство енӗпе чаплӑ ӗҫсем тунӑшӑн, производство ӗҫӗн меслечӗсене тӗпрен ҫӗнетсе лайӑхлатнӑшӑн 741 хӗрарӑма Сталинла премисем панӑ.

Хӗрарӑмсем Совет государствине тытса пырас ӗҫе активлӑ хутшӑнаҫҫӗ: 280 хӗрарӑм—СССР Верховнӑй Совет депутачӗсем, 2.209 хӗрарӑм—союзлӑ тата автономиллӗ республикӑсен Верховнӑй Совечӗсен депутачӗсем, ҫур миллион ытла хӗрарӑм—вырӑнти Советсен депутачӗсем пулса тӑраҫҫӗ. Халӑх судьисемпе халӑх заседателӗсем хушшинче 40 процент ытла хӗрарӑмсем ӗҫлеҫҫӗ.

Пирӗн ҫӗршывра ача амӑш-хӗрарӑмсемпӗн ялан тӑрӑшаҫҫӗ. 1952 ҫулта кӑна Совет государстви нумай ачаллӑ амӑшӗсемпе пӗччен хӗрарӑм амӑшӗсене тата пӗчӗк ачасене пулӑшма 6 миллиард та 355 миллион тенкӗ пособи укҫи тӳленӗ. 38 пин ытла хӗрарӑма «Ача амӑшӗ-героиня» хисеплӗ ятне панӑ. 3 миллион та 800 пин хӗрарӑма «Ача амӑшӗн мухтавӗ» орден тата «Ача амӑшӗн медалӗ» парса наградӑланӑ.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ачасен сывлӑхӗпе вӗсене воспитани парассишӗн нумай тӑрӑшаҫҫӗ. Пионерсен лагерӗсемпе ача санаторийӗсене тытса тӑма государство кашни ҫул ҫӗршер миллион тенкӗ укҫа парать. Кашни ҫул ача яслисем, ача сачӗсем, ача ҫурчӗсем нумайланса пыраҫҫӗ.

Совет Союзӗнчи хӗрарӑмсенчен тӗслӗх илсе, халӑх демократи ҫӗршывӗсенчи хӗрарӑмсем ҫӗнӗ пурнӑҫ тӑвас ӗҫе активлӑ хутшӑнаҫҫӗ. Халӑх демократи ҫӗршывӗсенчи ҫӗнӗ общество тата государство стройӗ, ҫак ҫӗршывсенчи мӗнпур ӗҫҫыннисене хӑтарнӑ пекех, хӗрарӑмсене ӗмӗрлӗхе капитализмла пусмӑр хӑрушлӑхӗнчен, чухӑнлӑхран, ӗҫсӗрлӗхрен хӑтарчӗ, пурнӑҫпа культура шайне вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пыма малашлӑх уҫса пачӗ.

Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен кунне—мартӑн 8-мӗшне капитализмлӑ, колониллӗ тата пӑхӑнса тӑракан ҫӗршывсенчи хӗрарӑмсем пачах урӑхла условисенче кӗтсе илеҫҫӗ. Капитал ҫӗршывӗсенче ҫар бюджечӗсене ӳстереҫҫӗ, халӑхран илекен налогсене ӳстереҫҫӗ, промышленноҫпа апат-ҫимӗҫ таварӗсен хакӗсене хӑпартаҫҫӗ, мирлӗ производствӑна чакараҫҫӗ, ӗҫсӗрлӗх ӳсет, ӗҫҫыннисен реальнӑй ӗҫ укҫи чакать. Ҫак хӗн-хурпа тертлӗхӗн йывӑрлӑхӗ уйрӑмах ӗҫҫынни хӗрарӑмӗсемпе ачасен пурнӑҫне пырса тивет. Капитализмлӑ ҫӗршывсенчи хӗрарӑмсем хӑйсен пурнӑҫ прависемшӗн кӗрешессине вӑйлатаҫҫӗ, ӗҫ укҫине ӳстерессишӗн, ӗҫе государство енӗпе хӳтӗлесе тӑмалла тӑвассишӗн, социальнӑй страхованишӗн, халӑха вӗрентме тата ачасен пурнӑҫне сыхлама укҫа ытларах памалла тӑвассишӗн тӑрӑшаҫҫӗ.

Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен кунне — мартӑн 8-мӗшне пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫынни хӗрарӑмӗсем миршӗн пыракан, ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне хирӗҫ пыракан кӗрешӗве вӑйлатас лозунгпа ирттереҫҫӗ. Миршӗн кӗрешекенсен ретне ҫӗнӗрен те ҫӗнӗрен миллионшар хӗрарӑмсем тӑраҫҫӗ. Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен демократиллӗ федерацийӗ хӑйӗн речӗсенче 65 ҫӗршыври 135 миллион хӗрарӑма пӗрлештерсе тӑрать. Мӗнпур прогрессивлӑ этемлӗхпе пӗрле, тӗнчери хӗрарӑмсем, вӑрҫӑ чӗртекенсене ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑ шыв ҫине кӑлараҫҫӗ, миршӗн, хӑйсен экономикӑллӑ тата политикӑллӑ прависемшӗн, ачасен пурнӑҫӗпе вӗсен малашлӑхӗшӗн ҫине тӑрса кӗрешеҫҫӗ.

Капитализмлӑ, колониллӗ тата пӑхӑнса тӑракан ҫӗршывсенчи хӗрарӑмсем напиллӗ суверенитетшӑн, хӑйсен государствисен ирӗклӗхӗпе никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн кӗрешеҫҫӗ, империалистла агрессорсен пусмӑрне хирӗҫ татӑклӑн кӗрешеҫҫӗ. Прогрессивлӑ хӗрарӑмсем Корейӑри, Вьетнамри, Малайӑри вӑрҫӑ ӗҫӗсене халех чарса лартассишӗн, атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартассишӗн, хӗҫпӑшалсен шутне чакарассишӗн, пилӗк аслӑ держава хушшинче Мир Пакчӗ тӑвассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Хӗрарӑмсен пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ юхӑмӗн пуҫӗнче Совет Союзӗпе халӑх демократи ҫӗршывӗсенчи хӗрарӑмсем пыраҫҫӗ. Ленинпа Сталин кӑтартса панисене пурнӑҫласа, совет хӗрарӑмӗсем мӗнпур ҫӗршывсенчи хӗрарӑмсемпе тытакан интернационалла ҫыхӑнӑва аслӑлатса, тӗреклетсе пыраҫҫӗ, вӑрҫа хирӗҫ пыракан демократиллӗ хӑватлӑ фронта пӗтӗҫтерме пулӑшаҫҫӗ, империалистсен каварӗсене тимлӗн тӑрӑ шыв ҫине кӑлараҫҫӗ, миршӗн, халӑхсем хушшинчи туслӑхшӑн активлӑ кӗрешеҫҫӗ. Пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫынни хӗрарӑмӗсем совет хӗрарӑмӗсене хӑйсен шанчӑклӑ тусӗсем, миршӗн, халӑхсен ҫутӑ малашлӑхӗшӗн активлӑ кӗрешекенсем, тесе шутлаҫҫӗ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсенче, И. В. Сталин юлташӑн чаплӑ ҫӗнӗ ӗҫӗсенче пирӗн ҫӗршывра коммунизм тумалли программӑна палӑртса панӑ. Ҫак программӑна пурнӑҫлама мӗнпур совет ҫыннисен политикӑллӑ тата ӗҫлӗ активлӑхне малалла хӑпартни, самокритикӑпа аялтан килекен критикӑна вӑйлатни, пирӗн ӗҫри ҫитменлӗхсене татӑклӑн пӗтерни кирлӗ.

Совет Союзӗ тӑвакан ҫитӗнӳсем империализм лагерьне тарӑхтараҫҫӗ. Агрессиллӗ капитализмлӑ государствӑсем, чи малтан, США-па Англи, Совет Союзӗн вӑйӗпе хӑватне хавшатма тӑрӑшса, пирӗн ҫӗршыва шпионсем, сӑтӑрҫӑсем, диверсантсем, ҫынвӗлеренсем ярса тӑнӑ, малашне те ярса тӑма хӑтланӗҫ, хӑйсен ирсӗр те каварлӑ тӗллевӗсене пурнӑҫлама совет халӑхӗн пытанса тӑракан тӑшманӗсене шырама тӑрӑшӗҫ. Ҫакӑн пек условисенче мӗнпур ӗҫҫыннисем политикӑллӑ сыхӑлӑха пур майсемпе те вӑйлатни, ҫӑвар карса ларассине тата тимсӗрлӗхе пӗтерни кирлӗ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ мӗнпур парти организацийӗсене ҫапла тума хушать: Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен кунне — мартӑн 8-мӗшне совет хӗрарӑмӗсене Совет государствин вӑйӗпе хӑватне тӗреклетессишӗн кӗрешме, социализмлӑ экономикӑпа культурӑна ҫӗнӗ хӑватпа ҫӗклентерессишӗн кӗрешме, сталинла пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑха тултарас тата иртерсе тултарас тӗлӗшпе пӗтӗм халӑх хушшинче сарӑлнӑ социализмлӑ ӑмӑртӑва хӗрарӑмсене ытларах хутшӑнтарассишӗн кӗрешме мобилизацилес паллӑпа ирттермелле.

КПСС Центральнӑй Комитечӗ хӗрарӑм-работницӑсене, инженерсене, техниксене, мастерсене ӗҫ тухӑҫлӑхне тӑтӑшах ӳстерсе пырассишӗн, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн, унӑн пахалӑхне лайӑхлатассишӗн халичченхинчен те ытларах ҫине тӑрса тата пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме, халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене наукӑпа техникӑн ҫӗнӗ ҫитӗнӗвӗсене анлӑрах кӗртсе пыма, производство новаторӗсен лайӑх ӗҫӗсене пулӑшса пыма, малта пыракан опыта сарма, кая юлнисене малта пыракансемпе танлашмашкӑн пулӑшма чӗнет.

КПСС Центральнӑй Комитечӗ хӗрарӑм-колхозницӑсене, МТС-семпе совхозсен работницисене, специалистсене ялхуҫалӑхне малалла ҫӗклентерессишӗн, мӗнпур ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫне пур майсемпе те ӳстерессишӗн, общественнӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышне ӳстернипе пӗрлех унӑн тухӑҫлӑхне хӑпартассишӗн, МТС-семпе совхозсен ӗҫне малалла лайӑхлатассишӗн, пирӗн ҫӗршывра халӑх валли апат-ҫимӗҫ, ҫӑмӑл промышленность валли чӗртавар ҫителӗклӗ тӑвассишӗн кӗрешме чӗнет.

КПСС Центральнӑй Комитечӗ наукӑпа культура фронтӗнче ӗҫлекен хӗрарӑм-работниксене малта пыракан совет наукипе техникине аталантарма, хӑйсен творчествӑллӑ вӑйӗсемпе пултарулӑхне социализмлӑ культурӑна, литературӑпа искусствӑна, халӑха вӗрентес ӗҫпе сывлӑха сыхлас ӗҫе ҫӗнӗ хӑватпа аталантармашкӑн пама, наука ӗҫӗнче критикӑпа самокритикӑна вӑйлатма, ҫапла вара совет наукине хӑйӗн ӗҫне чыслӑн пурнӑҫлас, тӗнче наукинче малти вырӑна йышӑнас ӗҫре пулӑшма чӗнет.

Коммунизм обществи тӑвас ӗҫре хӗрарӑмсен пӗлтерӗшӗ ӳссе пынине шута илсе, КПСС Центральнӑй Комитечӗ парти организацийӗсене промышленноҫри, транспортри, строительствӑри тата ялхуҫалӑхӗнчи общественнӑлла-производствӑллӑ ӗҫе хӗрарӑмсене ытларах хутшӑнтармалла тума, вӗсен культурӑллӑ-техникӑллӑ шайне, коммунизмла ӑнланулӑхне ӳстерессишӗн пур майсемпе те тӑрӑшма, вӗсене социализмлӑ Тӑван ҫӗршыва, халӑхсен туслӑхне чӗререн парӑнса тӑма, Совет государствин оборонине тӗреклетессишӗн тӑрӑшма, политикӑллӑ пысӑк сыхӑлӑхлӑ пулма воспитани пама хушать.

КПСС Центральнӑй Комитечӗ парти, совет, профсоюз, комсомол организацийӗсене парти, совет, хуҫалӑх, профсоюз, комсомол ӗҫӗнчи ертсе пырас вырӑнсене хӗрарӑмсен кадрӗсене хӑюллӑнрах уйӑрса лартма, вӗсене практикӑллӑ ӗҫре пулӑшу пама хушать.

КПСС Центральнӑй Комитечӗ парти, совет, хуҫалӑх, профсоюз, комсомол органӗсене хӗрарӑм-работницӑсен, колхозницӑсемпе служащисен ӗҫпе йӑла условийӗсене лайӑхлатассишӗн ялан тӑрӑшма, ача амӑш-хӗрарӑма ачасене воспитани парас ӗҫре куллен пулӑшма, ача учрежденийӗсемпе сывлӑх учрежденийӗсен, общественнӑлла столовӑйсен, прачечнӑйсен, ҫӗвӗ ҫӗлемелли мастерскойсен тата ытти йӑла предприятийӗсен шутне ӳстерме тата вӗсен ӗҫне лайӑхлатма хушать.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ССР Союзӗнчи мӗнпур ӗҫҫынни хӗрарӑмӗсене Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен кунӗ—мартӑн 8-мӗшӗ ячӗпе саламлать тата ҫакна шанса тӑрать: совет хӗрарӑмӗсем малашне те аслӑ тӗллеве—пирӗн ҫӗршывра коммунизм тӑвас ӗҫе пурнӑҫлассишӗн кӗрешекенсен малти речӗсенче пырӗҫ.

*Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ.*

### Ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑлармалли икӗ уйӑх планне тултарнӑ

КЕМЕРОВО, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). «Кемеровуголь» комбинатӗнчи горняксем ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑлармалли икӗ уйӑх планне тултарнӑ. «Беловуголь» тата «Ленинуголь» тресчӗсем пысӑк ҫитӗнӳ тунӑ. Вӗсем, февраль планне тултарса, темиҫе эшелон ҫӗр кӑмрӑкӗ март шучӗпе кӑларнӑ. Ҫакӑн пек ҫитӗнӳ тума комбайнсемпе ӗҫлекен лавӑсенче ӗҫе комплекслӑ организацилени пулӑшнӑ. Ҫакӑ вӑл темиҫе операцие пӗр харӑс туса пыма тата ӗҫ кунӗпе туллин усӑ курма май парать.

# Совет Союзӗ тӑрӑх

* * *

## Ӗҫҫынни депутачӗсен вырӑнти Совечӗсен суйлавӗ

### МИРШӖН, КОММУНИЗМШӐН

АЛМА-АТА, мартӑн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Казахстан столици ир вӑранчӗ. Тул ҫутӑлман-ха. Хулан анлӑ урамӗсенче халӑх тулли. Ҫуртсем ҫинче В. И. Ленинпа И. В. Сталин портречӗсем, плакатсем, транспарантсем, хӗрлӗ ялавсем.

Министерствӑсен ҫурчӗ. Виҫҫӗмӗш суйлав участокне кӗнӗ ҫӗрте ҫап-ҫутӑ. Кунта ӗҫҫынни депутачӗсен Алма-Ата хула Советне депутата суйланма Иосиф Виссарионович Сталин баллотировкӑна тӑнӑ. Ирхине ултӑ сехет. Суйлав участокӗн алӑкӗсем уҫӑлаҫҫӗ. Халӑхсен аслӑ ҫулпуҫӗн ятне ҫырса хунӑ суйлав бюллетенне чи малтан Санджар Досанов илет. Вӑл 18 ҫул тултарнӑ, пӗрремӗш хут сасӑлать.

Ирхине 10 сехет тӗлне 122-мӗш суйлав округӗнчи суйлавҫӑсем пурте сасӑланӑ.

Сталин юлташӑн ҫывӑх соратникӗсем Алма-Ата хула Советне депутата суйланма баллотировкӑна тӑнӑ суйлав участокӗсенче те сасӑласси пысӑк хаваслӑхпа иртнӗ.

Суйлав Карагандара пысӑк ҫӗкленӳпе иртнӗ. Унта вырӑнти Советсене депутата суйланма хисеплӗ шахтер, Социализмлӑ Ӗҫ Геройӗ Башир Нурмагамбетов, 1-мӗш шахтӑра ӗҫлекен Жилкубаев, Бабаков, Гуров тата ыттисем те баллотировкӑна тӑнӑ. Вӗсем пур лавӑсенче те коллективлӑ стахановла ӗҫшӗн ӑмӑрту пуҫаракансем пулнӑ.

### Латви республикинчи ӗҫҫыннисем сасӑлаҫҫӗ

РИГА, мартӑн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Ирхине ултӑ сехетре Рига хулинчи мӗнпур 174 суйлав участокӗсен алӑкӗсем уҫӑлнӑ. Ӗҫҫынни депутачӗсен вырӑнти Совечӗсен суйлавӗ пуҫланнӑ.

Аслӑ Сталин ячӗпе тӑракан индустриллӗ район. Кунта область тата хула Советне депутата суйланма Иосиф Виссарионович Сталин баллотировкӑна тӑнӑ. 8-мӗш суйлав участокӗнче сасӑлама малтӑн бюллетень илекенсенчен пӗри Ригӑри тинӗс суту-илӳ портӗнче ӗҫлекен крановщик Эдуард Дерву пулнӑ. Ирхине 9 сехет тӗлне суйлавҫӑсен списокне кӗртнӗ суйлавҫӑсем пурте сасӑланӑ.

Ленински суйлав участокӗнче хула Советне депутата суйланма чапа тухнӑ новатор — машинӑсем тӑвакан заводра ӗҫлекен монтажник Харий Грейдиньш баллотировкӑна тӑнӑ.

Хулари ытти районсенче те суйлав лайӑх иртнӗ. Ригӑри ӗҫҫыннисем вырӑнти Советсене пурӗ 1.400 ҫын ытла суйланӑ. Баллотировкӑна тӑнисем хушшинче «Саркана текстилниеце» комбинатӗнче ӗҫлекен ткачиха О. Я. Эрглис, профессор Я. Я. Зутис, Шкиротава деповӗнче ӗҫлекен токарь В. Я. Каже, писательница А. Е. Броделэ, учительница А. М Дамбе, артистка Велта Лине тата хулари ытти паллӑ ҫынсем.

Кӑнтӑрла иртни икӗ сехет тӗлне Латвири чылай суйлав участокӗсенче мӗнпур суйлавҫӑсем сасӑланӑ.

### Армени столицинче

ЭРЕВАН, мартӑн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗҫҫынни депутачӗсен вырӑнти Совечӗсен суйлавӗ умӗнхи каҫ Эреван хулинчи Киров ячӗпе тӑракан заводри стахановецсем уйрӑмах пысӑк хавхаланупа ӗҫленӗ. Аслӑ Сталина Эреван хула Советне депутата суйлама кандидата тӑратнӑ ҫак коллектив суйлав кунне февраль программине иртерсе тултарнипе кӗтсе илнӗ.

Заводри рабочисен поселокӗ. Кунта, 1-мӗш суйлав округӗнче, Эреван хула Советне депутата суйланма Иосиф Виссарионович Сталин баллотировкӑна тӑнӑ. Суйлавҫӑсем хӗрлӗ хӑмачпа витнӗ сӗтел патне пыраҫҫӗ, аслӑ ҫулпуҫӑмӑр ятне ҫырса хунӑ бюллетеньсене алла илеҫҫӗ.

Сасӑлама тытӑннӑ хыҫҫӑн икӗ сехет хушшинче суйлавҫӑсен пысӑк пайӗ сасӑланӑ.

Эреван хулинчи ытти суйлав округӗсенче те сасӑласси ӑнӑҫлӑ иртнӗ.

Сехет заводӗнче ӗҫлекен стахановка С. Чтчян, врач В. Геворкян, учитель А. Микян, писатель Р. Кочар баллотировкӑна тӑнӑ округсенче те сасӑласси пысӑк ҫӗкленӳпе иртнӗ.

*

### Каховка ГЭС-не тунӑ ҫӗрте

ҪӖНӖ КАХОВКА, мартӑн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Паян багермейстер Симонов ертсе пыракан 52-мӗш №-лӗ земснаряд Каховка тинӗсӗн хумне тытса чаракан дамба пуҫӗнче ӗҫе тытӑннӑ. Гидромеханизаторсен 800 пин кубометра яхӑн тӑпра купаламалла пулать. Ҫак ӗҫе кӑҫалхи август уйӑхӗнче туса пӗтерме обязательство йышӑннӑ. Техникӑллӑ проект тӑрӑх ӑна 1954 ҫулта туса пӗтерме палӑртнӑ пулнӑ.

Каховка гидроэлектростанцине срокчен пӗр ҫул малтан туса пӗтерессишӗн ӑмӑрту пуҫарса, Каховка гидромеханизаторӗсем тӑпра ӗҫӗсем тумалли ҫирӗп график хатӗрленӗ. Ҫакӑ вӑл гидроузелти нумай ӗҫсене срокчен туса пӗтерме тата земснарядсене ҫитес ҫулта тумалли ӗҫе куҫарма май парать.

Днепр урлӑ тӑпра купаласа пӗве тӑвас ӗҫе 1954—1955 ҫулсенче вӗҫлеме палӑртнӑ. Гидромеханизаторсем ҫак ӗҫе 1954 ҫул вӗҫӗнче, урӑхла каласан, пӗр ҫулталӑк маларах туса пӗтерме йышӑннӑ. Ҫак пысӑк ӗҫе вӑхӑтра туса ҫитерес шутпа, вӗсем ӑна тума кӑҫалах тытӑнаҫҫӗ. Сталинла премин лауреачӗ инженер Владимирский сӗннӗ тӑрӑх, Днепр шывӗн сӑртлӑ сылтӑм ҫыранӗнче икӗ миллион кубометр чухлӗ хӑйӑр хатӗрлесе хураҫҫӗ. Ҫак гӗллевпе Казацки утравран ӗҫ вырӑнӗ патне ҫитиччен ултӑ километр тӑршшӗ хӑйӑр юхтармалли труба хываҫҫӗ. Унта пин кублӑ земснаряд ӗҫлет. Хӑйӑра 50 метр ҫӳлерех, ятарласа тунӑ площадкӑна хӑпартаҫҫӗ. Ҫав хӑйӑра-тӑпрана ҫитес ҫул ҫуркунне гидромониторсемпе Днепр тӗпне антараҫҫӗ.

Ҫак техника тӗлӗшӗнчен ҫӗнӗ ӗҫе пурнӑҫа кӗртме тытӑннӑ та ӗнтӗ.

### Заводри хаҫат 25 ҫул тултарнӑ

Ленинградри Киров ячӗпе тӑракан заводра «Кировец» ятлӑ хаҫатӑн пӗрремӗш номерӗ тухнӑранпа 25 ҫул тултарнӑ. Хаҫата предприятири рабочисемпе служащисем юратса вулаҫҫӗ. Редакци ҫумӗнче ҫырма пуҫлакан писательсемпе поэтсен ушкӑнӗ ӗҫлет.

Февралӗн 27-мӗшӗнче культура дворецӗнче «Кировец» хаҫата ҫырса тӑракан корреспондентсен пухӑвӗ пулнӑ. Ҫак пухӑва хаҫат 25 ҫул тултарнӑ ятпа ирттернӗ. (ТАСС).

### ЗАЕМ ВЫЛЯВӖ

ДРОГОБЫЧ, мартӑн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Паян кунта СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса аталантармалли тӑваттӑмӗш государственнӑй заемӑн 7-мӗш вылявӗ пулнӑ.

**Февралӗн 20-мӗшӗ** — **Мартӑн 20-мӗшӗ**

## Вӑрман хатӗрлемелли стахановла уйӑхлӑх

### Улшӑну ҫук-ха

КАНАШ. Маленков ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем вӑрман касса хатӗрлемелли плана 106,8 процент, каснӑ йывӑҫа ҫул хӗррине илсе тухмалли тата турттармалли плана 70 процент тултарчӗҫ. Стахановла уйӑхлӑха хутшӑннӑ хыҫҫӑн, вӗсем тата хастарланрах ӗҫлеме тытӑнчӗҫ.

«Коммунар», Калинин ячӗпе тӑракан, Доронин ячӗпе тӑракан колхозсем те вӑрманта тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ.

Стахановла уйӑхлӑх пуҫланнӑранпа чылай вӑхӑт иртрӗ. Анчах район вӑрман хатӗрлевӗнче ҫаплах юлса пырать. Ӗҫре улшӑну пулни курӑнмасть. Государство заданине пурнӑҫлама районти колхозсенчен куллен 400 ҫын ҫуран тата 416 лавпа ӗҫлемелле. Февралӗн 26-мӗшӗ тӗлне пурӗ те 148 ҫуран ҫын тата 188 лав кӑна ӗҫленӗ.

Вӑтакас Татмӑшри «Парижская коммуна» колхозран вӑрмана лавсем янӑ. Лавҫӑсем хушшинче дисциплина ҫуккипе февралӗн 12-мӗшӗпе 26-мӗшӗ хушшинче 6 лаша ӗҫлемесӗр тӑнӑ. Ҫав лашасене пӑхма пӗр хӗрача—Н. Мешкова юлташ кӑна тӑрса юлнӑ. Ытти колхозниксем килӗсене таврӑнса, нимӗнле ӗҫ тумасӑр пурӑннӑ. Колхоз председателӗ В. Микушкин юлташ вӑрмана ответлӑ ҫынсене уйӑрса ямасть. Вӑл кӑҫал вӑрманта ӗҫлекенсем патӗнче пӗрре те пулса курман.

«Красный Октябрь», Сталин ячӗпе, Чкалов ячӗпе тӑракан колхозсем хӑйсен тивӗҫне япӑх пурнӑҫлаҫҫӗ. «Искра», Пушкин ячӗпе тӑракан, «Мотор», «Красное знамя» колхозсенчен вӑрмана уйӑхлӑх пуҫланнӑранпа пӗр ҫын та кайман. Кивӗ Шелттемри Сталин ячӗпе тӑракан колхозран вӑрмана ӗҫлеме пултарайман ҫынсене янӑ.

Вӑрман хатӗрлемелли плана тултармалли татӑклӑ кунсем ҫитрӗҫ. Плана кашни колхоз тӑрӑх тултарассишӗн мӗнпур вӑя хурса кӗрешмелле.

А. АНДРЕЕВ.
С. СТЕПАНОВ.

### Ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелле

ҪӖМӖРЛЕ, мартӑн 2-мӗшӗ. (Телефонпа). «Чӑвашвӑрман» треста пӑхӑнса тӑракан вӑрманпромхозри механизаторсем уйӑхлӑх вӑхӑтӗнче ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме сӑмах пачӗҫ. Чылай рабочисем хӑйсен сӑмахне чыслӑн пурнӑҫласа пыраҫҫӗ. Мисчӗ вӑрман пунктӗнчи Н. Муляев шофер ЗИС-21 автомашинӑпа йывӑҫ турттарать. Норма тӑрӑх унӑн сменӑра 12 кубометр турттармалла. Стахановец прицеппа усӑ курать, машинӑна ҫирӗп график тӑрӑх илсе ҫӳрет, ахаль тӑратмасть. Ҫавна пула вӑл сменӑра 30-шар кубометр турттарса кӑларать.

А. Святкин шофер сменӑра 28—30-шар кубометр турттарса кӑларать. Н. Фадеев шофер сакӑр километра турттарать. Норма тӑрӑх, унӑн сменӑра 15 кубометр турттармалла. Вӑл 50 кубометр турттарать. Кун пек паха тӗслӗхсем тата пур.

Уйрӑмах Ҫӗмӗрле районӗнчи «Победа» колхоз (председателӗ С. Носков юлташ) членӗсем паха тӗслӗхсем кӑтартнине палӑртас пулать. Ку колхозран куллен 40 ҫынна яхӑн ӗҫлет. Колхоз шоферӗ П. Логинов юлташ февраль уйӑхӗнче 600 кубометр йывӑҫ турттарса кӑларчӗ. Вӑл куллен 6—7-шер хут хутлать, нормӑна 150—300 процент таран тултарса пырать. Логинов юлташ колхоза йывӑҫ турттарса кӑларма панӑ задание мартӑн 15-мӗшӗ тӗлне пурнӑҫлама сӑмах пачӗ. Колхозниксене икӗ бригадӑна уйӑрнӑ. Пӗр бригадӑна колхозри пуҫламӑш парторганизаци секретарӗ П. Орлов юлташ, иккӗмӗшне—В. Запалов коммунист ертсе пырать. Икӗ бригада хушшинче вӑйлӑ ӑмӑрту пуҫланнӑ.

Ленин ячӗпе тӑракан колхозран куллен 50 ҫын ӗҫлет. А. Петрова юлташ ертсе пыракан бригада членӗсем куллен кашни ҫын пуҫне виҫшер кубометр йывӑҫ касса хатӗрлеҫҫӗ, нормӑна ӑнӑҫлӑ тултарса пыраҫҫӗ.

«Родина» колхоз йывӑҫ касса хатӗрлемелли плана иртнӗ ҫулхи ноябрь уйӑхӗнчех тултарнӑччӗ. Уйӑхлӑха хутшӑнса, колхоз членӗсем каснӑ йывӑҫа ҫул хӗррине илсе тухмалли задание пурнӑҫларӗҫ. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз каснӑ йывӑҫа ҫул хӗррине илсе тухмалли плана январь уйӑхӗнче тултарчӗ, ҫак кунсенче йывӑҫ касмалли задание пурнӑҫларӗ.

Вӑрманпромхоз ӗҫӗнче ҫитменлӗхсем нумай-ха. Сурски ансӑр чугун ҫул транспорчӗ (начальникӗ Ф. Васильев юлташ) япӑх ӗҫлет. Грузчиксен ӗҫне кирлӗ пек йӗркелемен пирки поездсем график тӑрӑх ҫӳремеҫҫӗ. Вӑрманпромхоз ҫумне ҫирӗплетнӗ Хӗрлӗ Чутай районӗпе Муркаш районӗ ӗҫ вӑйӗпе туртӑм вӑйӗ ҫителӗксӗр уйӑрса янӑ. Халлӗхе вӑрманпромхоз кулленхи графика тултарса пыраймасть. Ҫакӑ вӑл пуринчен ытла чылай рабочисен ӗҫ тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккинчен килет. Парторганизаци ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерме, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме пулӑшакан решенисем йышӑнчӗ.

Т. ТАРАСОВ,
Ҫӗмӗрле вӑрманпромхоз директорӗн политика енӗпе ӗҫлекен заместителӗ.

### *МАЛТА ПЫРАКАН БРИГАДА*

ЙӖПРЕҪ. Киров ячӗпе тӑракан колхозри колхозниксем вӑрман хатӗрлемелли плана ҫулсерен срокчен тултараҫҫӗ. Вӗсем кӑҫал та вӑрманта хастарлӑ ӗҫлеҫҫӗ. Уйрӑмах тӑваттӑмӗш бригада паха тӗслӗхсем кӑтартнине палӑртас пулать. Лавҫӑсем ӗҫ нормине куллен 120—125 процент тултарса пычӗҫ. Бригада йывӑҫ турттарса кӑлармалли плана иртерсе тултарчӗ.

Колхозри ытти бригадӑсем те йывӑҫ касса хатӗрлемелли тата турттарса кӑлармалли плана ҫитес кунсенче тултарассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Г. РУСАНОВ.

## *Паянхи çивĕч ыйтусем*

# ЯЛТИ БИБЛИОТЕКА

Пирĕн çĕршыври ялсенче библиотекăсен хисепĕ çултан çула ӳсет. Колхозлă ял ĕçченĕсен пăхăсен илме тăрăшни, вĕсем совет наукипе техникин çĕнĕрен-çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе интересленни, хăйсен политикăллă тата культурăллă шайне ӳстерес ĕçре кĕнекепе усă курма ĕмĕтленни ялсенчи библиотекăсене ĕçлеме лайăх условисем туса пăраççĕ.

Ялсенчи нумай библиотекăсем унта социализмлă культурăн чăн-чăн центрĕсем пулса тăнă, вĕсем кĕнекене ăнăçлă пропагандăлаççĕ. Иркутск облаçĕнчи Тайшет районĕнчи Половино-Черемхово ялĕнчи библиотека вулакансем хушшинчи ĕçе ăнăçлă туса пырать. Ку библиотекăра ĕçлекенсем çĕнĕ кĕнекесене тăтăшах колхозри бригадăсемпе фермăсенче сасăпа вуласа параççĕ, вулакансен конференцийĕсем ирттереççĕ. Библиотекăра марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем, илемлĕ литература кĕнекисем тата ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе çырнă кĕнекесем нумай.

Анчах ялсенчи вулакансен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене библиотекăсем пур çĕрте те тивĕçтерсе пыраймаççĕ-ха. Чăваш АССР-ĕнчи библиотекăсенче çитĕннĕ колхозниксен хушшинчен вулакансем сахаллăн шутланаççĕ. Ку вăл ăнсăртран пулман. Республикăри библиотекăсене илемлĕ литература кĕнекисем тата ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх пурне те ăнланмалла çырнă кĕнекесем сахал ярса параççĕ. Кĕнеке пропагандăлас тĕлĕшпе вулакансем хушшинче массăллă ăнлантару ĕçне йĕркелемен. Чăваш республикинче ялсенчи библиотекăсем çине тимсĕр пăхни çинчен çак фактсем те кăтартса параççĕ. Ершепуç ялĕнчи библиотека çуртĕнче çулла... вите, кĕркунне зернохранилище туса хунă. Çĕрпӳ районĕнчи Кăшаркасси ял Советĕнче культура ыйтăвĕсене тивĕçтерме уйăрса панă укçа-тенке расходламан, çав вăхăтрах 1953 çулта библиотекăпа клуб хаçат-журналсемсĕр тăрса юлнă.

Пенза облаçĕнче те ĕçсем япăх тăраççĕ. Белински районĕнчи Кевдо-Вершински ял Совечĕн библиотекинче, ку тавраpa халăх чылай пурăнать пулин те, вулама тăтăш çӳрекенсем сахал. Общественлăполитикăллă кĕнекесем, естествознанипе наука тата ялхуçалăх темисемпе çырнă кĕнекесемпе чылай библиотекăсенче япăх усă кураççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем çак литературăна пропагандăламалли лайăх меслетсемпе усă курмаççĕ.

Кĕнеке—пĕлӳсен хăватлă çăлкуçĕ. Кĕнекене халăх хушшине сарасси, кашни колхозник çемйине активлă вулакансен шутне хутшăнтарасси—ялсенчи библиотекăсенче ĕçлекенсен пархатарлă та питĕ кирлĕ задачи. Çак задачăна татса парас ĕçре ялсенчи комсомолпа пионер организацийĕсем пысăк вырăн йышăнма пултараççĕ тата йышăнма тивĕçлĕ те.

Кĕнеке пропагандăлас ĕçе анлăнрах та активлăрах туса пырас пулать, вулакансен конференцийĕсене тăтăшах ирттермелле, вулакансем валли çĕнĕ кĕнекесен списокĕсене тумалла. Килĕрен кĕнеке леçсе çӳрес ĕçе сарса пыракан библиотека работникĕсем тĕрĕс тăваççĕ. Вулакансемпе ĕçлемелли çак меслет юрăхлине пурте пĕлеççĕ, çавăнпа та ăна анлăн сарас пулать. Кĕнеке улăштарса илмелли пунктсем организацилес ĕçе пур майсемпе те сарса пымалла.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине тата вăл съездра тухса каланă сăмаха анлă пропагандăласси халĕхи вăхăтра библиотекăсен ĕçĕнче тĕп вырăнта пулмалла. Çак историллĕ документсене мĕнпур колхозниксене ăнлантарса парасси—ялсенчи библиотекăсенче ĕçлекен кашни работникăн тивĕçĕ.

Вырăнти партипе совет организацийĕсен колхозниксене коммунизмла воспитани парас ĕçре библиотекăсемпе анлăнрах усă курмалла, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕнчи идейăллă шая ӳстерессипе тимлĕ пăхмалла.

(«Правда» хаçат).

## Профсоюз комитечĕн отчечĕ парти райкомĕн бюровĕнче

ÇĔРПӲ. Парти райкомĕн бюровĕ хăйĕн черетлĕ ларăвĕнче районти апат-çимĕç комбинатĕнчи профсоюз комитечĕн ĕçĕ çинчен местком председателĕн Т. Хитрова юлташăн отчетне итлерĕ.

Профсоюзăн вырăнти комитечĕ рабочисене коммунизмла воспитани парас, вĕсем хушшинче социализмлă ăмăртăва организацилесе ертсе пырас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерет. Комбинатра ĕçлекенсене пурне те профсоюз членне илнĕ, иртнĕ çулта член укçи пухмалли плана ытлашшипех тултарнă. Профсоюзăн вырăнти комитечĕ час-часах рабочисемпе пухусем, производствăллă кэнашлусем ирттерет.

Рабочисем пурте пĕр-пĕрипе ăмăртса ĕçлеççĕ. Ăмăрту результачĕсене кăтарту хăми çине çырса пыраççĕ.

1952 çулхи производство планне комбинат коллективĕ 108,3 процент тултарчĕ, планран ирттерсе 53 пин тенкĕлĕх ытла продукци туса кăларчĕ. Чĕртавар тата топливо перекетленĕ май иртнĕ çулта комбинат 85 пин тенкĕ тупăш илчĕ.

Профсоюзăн вырăнти комитечĕ рабочисен техникăллă пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе те кирлĕ ĕçсем тăвать, малта пыракансен паха опытне тĕрлĕ майпа сарма тăрăшать. Юлашки вăхăтра кунта чылай рабочисем икĕ-виçĕ професси илме вĕренме пуçлани те профсоюз организаципе дирекцин лайăх пуçарăвĕ пулса тăрать.

Кăçал комбинатăн 1.230 пин тенкĕлĕх продукци туса кăлармалла. Ку вăл иртнĕ çулхи планран чылай нумайрах. Çитес вăхăтрах кунта çĕнĕ продукци—канфет туса кăларма тытăнаççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хавхаланса, рабочисем хăйсем умĕнче тăракан задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ. Январь уйăх планне вĕсем 101 процент тултарчĕç. Халĕ нормăна тултарса пыман рабочи çук. Г. Кириллова, Е. Сидорина, А. Михайлова нормăна 150—180 процент тултараççĕ.

КПСС райком бюровĕ вырăнти комитетăн çитменлĕхĕсене те кăтартса пачĕ, çав çитменлĕхсене пĕтерес майпа кирлĕ сĕнӳсем парса хăварчĕ.

Х. ЛИСИН.

## КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ

КПСС Шупашкар хула комитечĕн черетлĕ, IV-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум хулари шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне мĕнле пыни çинчен Шупашкар хула Совет исполкомĕн сутĕç пайĕн заведующийĕ В. Семенова юлташ тунă доклада сӳтсе явнă.

Докладчик тата пренире тухса калакансем çакна палăртрĕç: партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕпе хавхаланса, хулари учительсем шкулсенче ачасене вĕрентӳпе воспитани енĕпе малалла лайăхлатассишĕн активлă кĕрешеççĕ. Çак вĕренӳ çулĕн пĕрремĕш çур çулĕн итогĕсем çакна кăтартса параççĕ: шкул ачисем вĕренӳре ӳлкĕрсе пырасси кăштах лайăхланнă, вĕренӳре отличниксен хисепĕ ӳснĕ, дисциплина çирĕпленнĕ, вĕренекенсен пĕлĕвĕсемпе хăнăхăвĕсем лайăхланнă.

Анчах та, пленумра кăтартса панă тăрăх, нумай шкулсемпе учительсен ĕçĕ халĕ совет шкулĕ умне лартакан требованисене тивĕçтереймест-ха. Çак вĕренӳ çулĕн пĕрремĕш сурçулăхĕнче хулари шкулсенче вĕренекенсенчен 11,3 проценчĕ вĕренӳре ӳлкĕрсе пыраймăн. Нумай учительсем урокосене идейăпа теори тĕлĕшĕнчен çӳлĕ шайра ирттермеççĕ. Çавна пула 6-мĕш вăтам шкулта (директорĕ Иварбеев юлташ) пĕрремĕш çурçулăхра 548 ачаран 116 ача е 21,1 процент вĕренӳре ӳлкĕрсе пыраймăн. 11-мĕш вăтам шкулта (директорĕ Богатырева юлташ) 1.066 ачаран 171 ача вĕренӳре ӳлкĕрсе пыраймасть.

3-мĕш вăтам шкулта та ĕçсем унтан чаплах мар. 8-мĕш вăтам шкулта вĕренӳре ӳлкĕрсе пырайманнисем чылай. Çак шкулти педагогсен коллективĕ ачасене тĕрĕс çырма вĕрентессишĕн тивĕçлипе кĕрешмест. Шкул директорĕ Кузьмин юлташ педагогсен коллективĕн ĕçне сахал пек йĕркелемен, уйрăм учительсен урокĕсене пысăк пахалăхпа ирттермеççĕ.

7-мĕш вăтам шкулта пысăк çитменлĕхсем пур. Шкул директорĕ Скребков юлташ шкулти вĕрентӳпе воспитани ĕçне çителĕклĕн ертсе пымасть. Опытлă, ĕçе лайăх пĕлекен учительсем пур пулин те, шкул руководстви вĕренӳпе воспитани ĕçĕн пахалăхне ӳстерессишĕн кĕрешмест. Вĕренӳре ӳлкĕрсе пыракансен процентне ӳстерес шутпа Скребков юлташ, вĕренекенсене çирĕп пĕлӳ парассишĕн кĕрешес вырăнне, ӳлкĕрсе пыраймăн вĕренекенсене çамрăк рабочисен шкулне куçарас çул çине тăнă. Çак шкулти учительсен коллективĕ лайăх пурăнать. Унта критикăпа самокритика хисепре мар. Скребков юлташ самокритикăна сарса пымасть, аялтан килекен критикăна юратмасть.

Уйрăм шкулсенче вĕренӳре ӳлкĕрсе пыраймасан ачасен хисепĕ чакарса кăтартнă, тивĕçсĕрех лайăх отметкăсем лартнă тĕслĕхсем те пур. Сăмахран, 14-мĕш пуçламăш шкулта нумай çулсем хушши вĕренекенсене çирĕп пĕлӳ параймăн. Учительсем вĕренекенсен пĕлĕвне ӳстерессе хакланă, вĕсене кирлĕ чухлĕ пĕлӳ памасăр пахалăх шкултан вĕрентсе кăларнă. Çав ачасем ытти шкулсене кĕнĕ хыççăн вĕренме пултараймăн, пĕр класрах иккĕр çул ларнă.

Географи, истори тата СССР Конституцийĕ вĕрентес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Чылай учительсем вĕренекенсене материала ăнлантарса панă чухне совет влаçĕн центральнăй тата вырăнти органĕсен ĕçне, пирĕн çĕршыври социализм строительствин çитĕнĕвĕсене, ССР Союзĕнчи тата капитализмлă çĕршывсенчи ĕçсенинчен пурнăçне кăтартса паракан халăх конкретлă фактсемпе усă курмаççĕ. Картăпа çителĕксĕр ĕçлеççĕ, урокосенче те тата урокосен хыççăн историпе географи тăрăх диапозитивсемпе усă курмаççĕ. Илемлĕ литературăпа çителĕксĕр усă кураççĕ. Чылай шкулсенче вĕренекенсене совет органĕсен структурипе вĕсен функцийĕсем çинчен, çавăн пекех совет гражданинĕн прависемпе обязанноçĕсем çинчен тĕплĕн пĕлмеççĕ.

Хулари шкулсенчи учительсен пулнашлĕ биологи, химипа тата физика вĕрентнĕ чухне теорие практикăпа çителĕксĕр çыхăнтараççĕ. Уйрăм учительсем программăра палăртнă лабораторира ĕçсен тата практикăллă ĕçсен минимумне пурнăçламаççĕ. Çакă вăл вĕренекенсен пĕлĕвне пахалăхне чакарать.

Çаксем вĕсем пурте хулари сутĕç пайĕ, шкул директорĕсем, шкулсенчи партипе комсомол тата пионер организацийĕсем хулари шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнманни çинчен калаççĕ.

ВЛКСМ хула комитечĕ шкулсенчи комсомол тата пионер организацийĕсене вĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ пулăшу памасть.

Пленумра тухса калакансем нумайăшĕ шкулсенчи партиорганизацисем, КПСС хула комитечĕ тата унăн пропаганда агитаци пайĕ шкулсен ĕçĕпе тĕплĕн интересленмен çинчен каларĕç. Шкулсен ĕçĕ çинчен, ачасене воспитани парасси çинчен партипе комсомол пухăвĕсенче, хулари предприятисемпе учрежденисенчи рабочисемпе служащисен пухăвĕсенче сахал хутра çеç сӳтсе яваççĕ. Вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем хушшинче педагогикăлла пропаганда çителĕксĕр пыраççĕ. Партин хула комитечĕпе, хула Совечĕн исполкомĕпе тата Чăваш АССР Сутĕç министерствинче ĕçлекенсем шкулсенче сахал пулаççĕ. Сăмахран, 6-мĕш вăтам шкула çулталăк çурă хушшинче парти хула комитечĕн пĕр работникĕ те пулман.

Хулари шкулсене материалсем, инструментсем тата оборудовани кирлĕ. Политехникăллă вĕренӳпе пурнăçлама тĕрленнĕ май çав материалсем уйрăмах кирлĕ пулаççĕ. Анчах та хула Совечĕн исполкомĕ тата хула комитечĕ çак ыйтусемпе нимĕн те тумасăр темĕне пулать. Çакă вăл республикăри Сутĕç министерствине те сахал хумхантарать.

Шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пулни çакна калама парать: учительсемпе методикăлла ĕçе час-часах ячĕшĕн кăна ирттереççĕ, вĕсене кирлĕ пулăшу памаççĕ, лайăх шкулсемпе учительсен опытне пĕтĕçтермеççĕ тата сарса пымаççĕ. Çак тĕлĕшпе республикари хаçатсем те ĕçлемеççĕ, вĕсем хăйсен страницисем çинче педагогика пропагандине туса пымаççĕ.

Пленум учительсене марксистла-ленинла воспитани парассипе, учительсен хушшинче И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине тата партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренес ĕçе вăйлатма кирлине палăртрĕ.

Пленумра тухса калакансем вĕренекенсем хушшинче физкультура ĕçне тата вĕсен культурăллă канăвне организацилесси çинчен чылай чаранса тăчĕç.

Семенова юлташ доклачĕ тăрăх 12 çын тухса каларĕ.

Пленумра КПСС обкомĕн секретарĕ Н. Шмаков юлташ сăмах каларĕ.

Пленум шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе решени йышăнчĕ.

### ФЕЛЬЕТОН

# *Усламçу та пыра ларать*

1952 çулхи май уйăхĕн пĕр кунĕнче Чкаловскинчи çу завочĕн директорĕн кабинетне пысăках мар пулĕ, типшемрех пит-куçлă хĕрача ыйтса кĕнĕ.

— Эпĕ Петрянина, Анна Федоровна, сирĕн заводра мастер пулса ĕçлеме килтĕм. Акă приказ, — тенĕ вăл директора хут татки парса.

— Аха, юрать. Питĕ аван. Тахçантанпах кĕтетпĕр эпир опытлă мастер килессе, — тенĕ çу завочĕн директорĕ Н. Лебедев юлташ.—Ыранах ĕçе пуçăнма пултаратăр. Çӳлти хуçасем хушаççĕ пулсан, эпĕ пулăшма яланах хатĕр.

Анчах та А. Петрянина «ыранхи кунах» ĕçе пуçăнма килĕшмен. Унăн Сĕнтĕрвăрри районне пĕр ик-виç куна кайса килмелле пулнă. Мĕншĕн васкаса каймалли çинчен вăл Н. Лебедева уççăн каласа паман. Директор ун çинчен тĕплĕнрех ыйтса пĕлме шутламан та. «Аслисем хушнине пурнăçлас пулать», тенĕ те лăпланнă вăл.

А. Петрянина çав кунах Чкаловскинчен тухса кайнă.

Ăçтан тата кам-ха вăл А. Петрянина?

Пулас мастер А. Петрянина 1951 çулта сĕт-çу завочĕсенче ĕçлеме мастерсем хатĕрлекен пĕр çуллăх курсран вĕренсе тухнă. Çакăн хыççăн ăна Сĕнтĕрвăрринчи çу заводне мастер помощникĕ пулса ĕçлеме янă. Кунта вăл хăйне тӳрĕ кăмăллă çын пек тыткалама, «хуçасене» юрама тăрăшнă. «Ĕçлеме пултаракан хĕрача, пур енĕпе те лайăх мастер», тенĕ трест руководителĕсем ун çинчен сăмах тапратсан.

Анчах нумаях та вăхăт иртмен, Сĕнтĕрвăрри çу завочĕн директорĕ мастер помощникĕ пулса ĕçлекен А. Петрянина 21 килограмм çу вăрлани çинчен трест управляющине Н. Кузнецова пĕлтерет. Ку вара трест управляющине нимĕн чухлĕ те пăшăрхантармасть.

А. Петрянина государство пурлăхне вăрланăшăн хăйне ответ тыттарасса лайăх пĕлнĕ. Çавăнпа та вăл Чăвашмаслопром трестĕнчи ырă çынсем патне пулăшу ыйтма васканă.

— Эпĕ ĕçлеме урăх района куçасшăн. Сĕнтĕрвăрринче ĕçлеме май çук,—тенĕ вăл управляющи кабинетне кĕрсе.

— Ытах та кăмăлăр пулсан, кирек хăш района та куçарма пулать. Пушă вырăнсем пур,—тенĕ кăмăллăн Кузнецов юлташ.

Трест управляющийĕ Кузнецов ĕç вăхăтне усăсăр сая яракан çын мар. Вăл ырă кăмăллă çынсем умĕнче кивçене кĕме юратмасть. Пĕр самантрах приказ çырса хурать:

«Помощника мастера Марпосадского раймаслопрома тов. Петрянину Анну Федоровну перевести мастером Чкаловского раймаслопрома.

Управляющему Чкаловского раймаслопрома тов. Лебедеву оплатить тов. Петряниной фактические расходы по переезду и оказать помощь в предоставлении квартиры.

Управляющий Чувашским Росмаслопромом Н. Кузнецов».

Савăннă Петрянина, ырă кăмăллă «хуçана» чунтан-чĕререн тав туса, приказра асăннă района тухса каять.

Çапла вара государство пурлăхне çаратакан А. Петрянина, Чăвашмаслопром трестĕнчи работниксем тимсĕррипе усă курса, государство пурлăхне çаратма тепĕр района куçать.

Вăл Чкаловскинчи çу заводĕнчи хуçасем çăвар карса ларнине малтанхи кунах асăрхать. Трест управляющин приказĕ тăрăх, ăна кунта ĕçлемен 15 куншăн ĕçленĕ тесе укçа тӳлеççĕ, лайăх хваттерĕ вырнаçтараççĕ.

Петрянина та «кивçене кĕме» юратмасть. Вăл пĕр уйăх хушши мастер пулса ĕçленĕ хыççăнах 81 килограмм çу вăрласа сутать. Çу завочĕн директорĕ Лебедев Петрянинăна закон тăрăх ответ тыттарма шутламасть, вăрланă çушăн государство хакĕпе кассăна укçа хывма сĕнет. «Мастершăн» çакă усăллă пулнă. Пасар хакĕпе сутса илнĕ пысăк тупăшран пиншер тенкине кассăна хывасси уншăн ниме те тăман.

1952 çулхи август уйăхĕн юлашки кунĕсенче çу завочĕн директорĕ 3 уйăхлăх курса вĕренме каять. Вăхăтлăха завод директорĕ пулса ĕçлеме М. Тибайкина юлать. «Пĕр çăвар карса ларакан кайрĕ, тепри юлчĕ», тесе шутлать А. Петрянина. Вăл сентябрь уйăхĕнче татах 60 килограмм çу вăрласа сутать.

А. Петрянина, çу заводĕнчи работниксен тимсĕрлĕхĕпе усă курса, çу заводĕнчех виçĕ сысна усранă. Уншăн виçĕ сысна усрасси виçĕ пуса та тăман.

Каярахпа Петрянина икĕ сыснине Кзыл Чишмери (Чкаловски районĕ) сепараторнăй пункт заведующине В. Мартынова парать. Лешĕ вара, çăкăр-тăвар хире хирĕç тенĕ пек, Петрянинăна 30 килограмм çу парать. Кивĕ Ахпӳртри (Чкаловски районĕ) сепараторнăй пункт заведующинчен И. Егоровран 30 килограмм çу кивçенле илет.

Çу завочĕн директорĕ «мастерăн» çак ултавлă ĕçĕсене сисмесĕрех юлать. Анчах та ку ĕçе районти прокурор хутшăнать. Прокурор ревизи тума сĕнет. Чăвашмаслопром тресчĕ Чкаловскинчи çу заводне ревизи тума Комсомольски районĕнчи çу завочĕн технологне Малишевăна ярать. «Опытлă» мастер каллех аптăраса ӳкмест. Вăл ревизора çулă алăсемпе кĕтсе илет. Ревизи актĕнче А. Петрянина вăрланă çу ирĕлсе каять. Пĕр сăмахпа каласан, чее мастер сĕтлĕ çулпа килнĕ ревизора çуллă çулпа ăсатса ярать. Çу завочĕн аслă бухгалтерĕ Чебанин юлташ, «опытлă» мастера пĕтĕмпех ĕненсе, унăн ĕçне тĕрĕслесе пыман. Завод директорĕпе аслă бухгалтерĕ ăна çу вăрламалли лайăх условисем туса панă—отчетпа учет ĕçне япăхтарса янă.

Мастершăн 1952 çул савăнăçлă иртет, çĕнĕ çул та ăнăçлă пуçланать. Вăл 1953 çулхи январь уйăхĕнчех 97 килограмм çу тата 23 килограмм салă вăрлама ĕлкĕрнĕ. Вăрланă çăва пытарма çăмăл меслет тупнă. Вăл виçĕ бидон çине уйран ярса шăнтать. Шăннă уйран çине çӳхе çу сарса хурать.

Анчах та инвентаризаци комиссин членĕсем Нибаевпа Кузнецова бидонсем çине шанчăксăр пăхнине курсан, Петрянина куç-пуçĕ хĕрелсе каять. Комисси членĕсем бидонсене пушăтла виçсе пăхма сĕнӳ параççĕ. Вара Петрянина тархаслasах виçе тĕрĕсси çинчен ĕнентерме тытăнать. Комисси членĕсем бидонсене ӳпĕнтерсе пăхнă чухне вĕсенчен çу таткисем тухса ӳкеççĕ, пăрланнă уйран çаплипех юлать. «Опытлă» мастерăн «опычĕсем» тăрă шыв çине тухаççĕ.

Халĕ государство пурлăхне çаратакан А. Петрянина мастера ĕçрен кăларнă, ответ тыттармалла тунă. Услам çу та пыра ларать иккен. Анчах та халĕ Чăвашмаслопром тресчĕн управляющийĕ Кузнецов юлташ тата Чкаловскинчи çу завочĕн директорĕсем çăвар карса ларнине пĕтерессинчен сăмах тапратма вăхăт мар-ши?

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн коллективлă корреспонденчĕ — «Авангард» хаçат.

# „Звезда“ колхозра

Октябрьскинчен Урхас Кушкăна çитес умĕн вăрман урлă каçсанах ку ялти «Звезда» колхозăн çĕнĕ те пысăк çурт-йĕрĕсем куç умне тухса тăраççĕ. Пирĕн лавçă ку колхозра сахал мар пулкаланă курăнать, ăçта мĕнле çурт-йĕрсем ларни çинчен çак ял çынни пекех çăмăллăн ăнлантарса парать.

— Хăмла типĕтмелли çурт,—терĕ вăл элеватор евĕрлĕ çӳлĕ çурт çине тĕллесе кăтартса.—Урхас Кушка колхозникĕсем—паллă хăмла ăстисем.

Правлени вырнаçнă аслă урама çитсессĕн, «Звезда» колхозра çурт-йĕрсем лартма вĕренсе çитни курăнса каять. Сăра сал ăшĕнче вăрăм та хитре çурт ларать. Ку çуртран тĕрлĕ еннелле лартса кайнă юпасем çинче электричество, радио тата телефон провочĕсем карăнса тăраççĕ.

Курма килекен çынсем «Звезда» колхозра иртнĕ çулта лашасем валли кирпĕчрен тунă стандартлă витене, çавăн пекех сысна витин пысăк корпусĕ çине хытă пăхаççĕ.

— Миллионер-совхозри пек,—терĕ пирĕн лавçă, йĕри-тавралла пăхса.—Пур япалана та ăмĕрлĕх тума тăрăшаççĕ.

«Звезда» колхозăн общественлă хуçалăхĕпе паллашма çеç мар, ун çинчен тĕплĕн каласа кăтартма та чылай вăхăт кирлĕ пулĕччĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче çĕнĕрен 587 пин тенкĕлĕх çурт-йĕрсем тунă. Юлашки виçĕ çул хушшинче кăна строительствăна 406 пин тенкĕ укçа хывнă. 5 двигатель, виçĕ автомашина, электромоторсем, ытти тĕрлĕрен механизмсемпе оборудовани нумай туяннă. Колхоз производствинчи чылай ĕçсене механизацилене. Электроэнергипе авăн çапаççĕ, тырă сортлаççĕ, хăма çураççĕ, çăнăх-кĕрпе авăртаççĕ, выльăх апачĕ хатĕрлеççĕ т. ыт. те. МТС-ăн ку ялта ĕçлекен тракторĕсене тата колхозри двигательсене пĕрле илсе шутласан, «Звезда» колхозри механизаци вăйĕ темиçе çĕршер лаша вăйĕпе танлашать.

Колхоз производствине механизациленĕ никĕс çинче çĕрĕç тата выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕç культури лайăхланса пырать. «Звезда» колхоз членĕсем хăйсен общественлă пуянлăхне ялхуçалăх выставкинче кăтартма хатĕрленеççĕ. Вĕсен пĕр экспоначĕн—ăратлă сысна аçин йывăрăшĕ халĕхи вăхăтра 24 пăта çитнĕ.

Вăйлăн аталанакан общественлă хуçалăх колхозниксен пуян та культурăллă пурнăçĕн шанчăклă çăлкуçĕ пулнине «Звезда» артель членĕсем лайăх кураççĕ. 1952 çулта вĕсем кашни ĕçкунĕ пуçне 2,2 килограмм тырă, 4 килограмм çĕрулми, чылай пахча çимĕç, выльăх апачĕ тата пĕр тенкĕ те 20 пус укçа илнĕ.

Ку колхоз акмалли çĕр пахалăхĕ тĕлĕшĕнчен таврари ытти артельсенчен нимĕнпе те уйрăлса тăмасть. Ыттисемпе пĕр пек условисенчех пурăнса, колхозăн паянхи миллионлă пуянлăхне мĕнле майпа пухса, туса çитернĕ-ха?

* * *

Колхоз председателĕпе Степан Яковлевич Яковлев юлташпа эпир каçхине унăн кабинетĕнче тĕл пултăмăр. Вăл килĕнчен тул çутăличченех тухса кайнă мĕн. Йăвашшăн пăхакан куçĕсенче хăй самаях ĕшенни сисĕнет. Анчах ĕçрен пушанса килне таврăнма вăхăт çук. Хуçалăхăн тĕрлĕ отраслисенче ертсе пыракан работниксем, пĕрин хыççăн тепри кĕрсе, ырана хăварма юраман ĕçлĕ ыйтусене паянах татса пама ыйтаççĕ.

Правленири техничка кабинета сăмаварпа чей-чашăксем йăтса кĕчĕ, пурне те тирпейлĕн вырнаçтарса, чей ĕçме сĕнчĕ. Степан Яковлевич, кăнтăрла килĕнчен пырса панă çимĕçсене сĕтел çине хурса, сĕтел хушшинче ларакансем валли хăех чей тултарма тытăнчĕ.

Чей ĕçнĕ хушăрах колхоз производствине аталантарас тата ертсе пырас ыйтусем çинчен калаçу пуçланса кайрĕ.

— Эпир 1951 çулта хамăрăн 12 гектар çинчен пухса государствăна панă хăмла Куславкка районĕнчи мĕнпур колхозсем 70 гектар çинчен пухса панă хăмларан 1,6 центнер нумайрах пулнă. 1952 çулта «Звезда» колхоз 89 центнер, Куславкка районĕнчи мĕнпур колхозсем 93 центнер панă. Тухăçĕ мĕнле—тупăшĕ çапла. Иртнĕ çулта хăмлашăн государство пире 158 пин тенкĕ укçа тӳлерĕ, кунсăр пуçне 19.800 тенкĕ преми тата 356 центнер тулă илтĕмĕр,—каласа кăтартать Степан Яковлевич.—Астăватăп, пирĕн ял Советĕнчи колхозсем пĕрлешиччен, çавăн чухлĕ те ун чухлĕ кантăр акрăмăр тесе, суя сведенисем сахал мар паркаланă. 2—3 гектар акать те, «пиллĕк» тесе пĕлтерет. Кама улталаççĕ? Чи малтан хăйсенех. Çитменнине тата пур-çук сӳскантăрне çĕртсе яраççĕ, государствăна çак хаклă чĕртавара параймаççĕ, хăйсем те укçасăр тăрса юлаççĕ. Эпир иртнĕ çулта 20 гектар çинчен пухса кĕртнĕ кантăр вăррипе сӳсне государствăна парса 140 пин тенкĕ укçа илтĕмĕр. «Мĕншĕн-ха сире пĕр çулталăк хушшинче виçĕ автомашина панă, пире пĕрре те çук», тесе тĕлĕнсе ыйтаççĕ. Нимех те тĕлĕнмелли çук. Пĕр машинине государствăна планран ирттерсе 30 пин литр сĕт сутса туянтăмăр. Хулари рабочисемпе служащисем валли сĕт-çу патăмăр, пирĕн колхоз автомашинăллă пулчĕ.

Октябрьскинче шоссе çулĕ çинче пысăк кĕпер тумалла. Строительство материалĕсем турттарма ГАЗ-51 автомашина параççĕ, кĕперне туса пĕтерсен машинине колхозах сутаççĕ. «Кĕпере эпир туса паратпăр», терĕмĕр эпир. «Эсир мар, Молотов ячĕпе тăракан колхоз тăвать, антив, вăл машинăллă пултăр», терĕç. Вăхăт чылай иртрĕ, анчах кĕпер пулмалли вырăнта пăчкă-пуртă сасси илтĕнмерĕ. Юлашкинчен пире чĕнсе илчĕç. Турткаланса тăмарăмăр,—халăх хуçалăхне лайăх çул-йĕр, çирĕп кĕперсем кирлĕ. Государство пире пулăшать пулсан, ун валли пысăк ĕç мĕншĕн туса парас мар? Кĕпере туса пĕтертĕмĕр те, тепĕр машинăллă пултăмăр.

Иртнĕ çулта пирĕн районти колхозсем валли газогенераторлă автомашинăсем ярса пачĕç. «Кун пек машина валли пирĕн условисенче чурка мĕнле хатĕрлесе çитерес?»—тесе хирĕçлерĕç хăшпĕрисем. «Культура», «Волгарь», «Красный Октябрь» колхоз правленийĕсем вăл машинăна туянма килĕшмерĕç. «Эсир туянмастăр-и?»—ыйтрĕç пиртен. Туянтăмăр. Йăнăш туман, тесе шутлатăп.

Степан Яковлевич, хăй умĕнчи стакана илсе сăмавар айĕнчи поднос çине лартса, сĕтел сунтăхĕнчен кĕнекесемпе брошюрăсем тата проектсем кăларчĕ.

— Хăшпĕрисене пирĕн колхозра çĕршер выльăх вырнаçмалăх стандартлă витесене кирпĕчрен туни хытă тĕлĕнтерет,—терĕ вăл.—Çавăн пек строительствăра ĕçлеме специалистсем ăçтан тупрăр?—тесе ыйтаççĕ.

Темиçе çул каярах эпир хамăр та çавăн пек шутланă. Кирпĕчпе чултан çурт-йĕрсем тума пултаракан специалистсем хамăр колхозрах пуррине курман. Хуласенче темиçе хутлă, чаплă çуртсем тăвакан каменщиксем пурте аслă шкул пĕтерни-им вăра? Шупашкарти пысăк строительствăсенче колхозниксемпе колхозницăсем çĕршерĕн ĕçлеççĕ-çке! Пĕрре курать, тепре сăнать, виççĕмĕшĕнче хăй ĕçе тытăнать.

Пирĕн колхозра та çапла пулчĕ. Лаша витине тунă чухне опытлă каменщиксене чĕнсе илтĕмĕр. Вĕсем кăтартса панипе ĕçлесе, пирĕн колхозниксем строительство техникине лайăххăн тавçăрса юлчĕç. 179 çынна вырнаçмалăх вите корпусне кайса куртăр пулĕ. Ăна вара пĕтĕмпех хамăр колхозниксен вăйĕпе турăмăр. Халĕ пирĕн каменщиксемпе бетонщиксем çителĕклĕ ĕнтĕ.

— Акă çак пĕчĕкçĕ кĕнеке иртнĕ çулта пире нумай пин тенкĕлĕх пулăшрĕ,—терĕ Яковлев юлташ, саркăмрах çиййĕллĕ брошюрăна илсе.—Н. Поповпа Н. Орленко инженерсем тата Р. Попова архитектор çырнă. Чул стенасем тăвас ĕçри çĕнĕ меслет çинчен тĕплĕн ăнлантарса паракан инструкци. Меслечĕ йывăр та мар, пирĕн колхозри строительсем ăна часах ăнланса илчĕç. Стенана ĕлĕкхи пек пĕтĕм хулăмăшĕпех кирпĕчрен тумаççĕ. Икĕ айккине кирпĕчрен туса, варрине пушă хăвараççĕ, унта вара чул тултарса цемент растворĕпе хытарса пыраççĕ.

— Пирĕн районти условисенче строительство хакне йӳнетмелли тепĕр лайăх май тупăнчĕ,—терĕ малалла Яковлев юлташ.—Пирĕн автомашинăсен гаражне куртăр пулĕ? Ăна эпир пĕтĕмпех чултан турăмăр. Ун пек чула эпир хамăр ял çывăхĕнчех пĕр пус укçа тӳлемесĕр, мĕн чухлĕ кирлĕ таран турттарма пултаратпăр. Иртнĕ çулти строительство итогĕсене тĕпчесе пăхнă хыççăн çакă курăнчĕ: кирпĕчрен тунă çурт стенин кашни тăваткал метрĕ пирĕн колхозра 280 тенке, чултан тусан—83 тенке ларать. Виçĕ хут ытла перекет. Апла пулсан, строительствăра чулпа ытларах усă курма тытăнмалла.

«Звезда» колхоз председателĕ Яковлев юлташ мĕнле руководитель пулни çинчен сăнласа парас тесен, чи малтан вăл хăй опытлă строитель, техникăна тĕплĕн вĕренме, çĕршыври новаторсен паха опычĕпе усă курма тăрăшакан, кадрсене вĕрентсе ӳстерме пултаракан çын пулнине палăртмалла. Колхозра ӳссе çитĕннĕ, ку чухнехи техникăна вĕренсе алла илнĕ çынсем çинчен вăл савăнăçлă туйăмпа каласа кăтартать. Каменщиксемпе бетонщиксем, 8 механик, 3 шофер, 2 электрик, радист,—пурте çак колхоз членĕсемех. Хăйсен колхозне двигатель илсе киличчен А. Лукин колхозник ку машина техники çинчен нимех те пĕлмен. Председатель ăс панипе вăл двигательпе ĕçлеме вĕренме шут тытнă. Вĕреннĕ кăна мар, каярахпа ыттисене вĕрентекен ăста специалист пулса тăнă.

«Звезда» колхоза курма пыракансене кунти строительсен пысăк ăсталăхĕ тĕлĕнтерет. Правлени çуртĕнчи 350 çын кĕрсе лармалли зал хăйĕн культурипе хулари клубсен залĕпе танлашать. Çуртри пур тĕрлĕ оборудованисене те питĕ çипçуллă тунă. Платниксемпе столярсем, малярсемпе художниксем пурте—хăйсен тăван колхозĕнче вĕренсе çитĕннĕ çынсем.

— Кадрсемпе, массăсемпе тачă çыхăну тытмасан, эпир хамăрăн укçа-тенкĕ тупăшне 1950 çултанпа виçĕ хута яхăн ӳстерме, 1952 çулта 600 пин тенке çитерме пултарас çукчĕ,—тет Яковлев юлташ.

«Звезда» колхозран 10—12 километрти ялта эпир КПСС Октябрьски райкомĕн секретарĕпе Турханов юлташпа тĕл пултăмăр. Вăл Урхас Кушка ялĕн сăн-сăпачĕ тĕпрен улшăнса çĕнелни, «Звезда» колхоз районта чи малта пыни, колхозниксем тулăх пурнăçпа пурăнни çинчен нумай каларĕ, вĕсем патне çитсе курма сĕнчĕ.

Икĕ ял хушшинчи çул çинче райисполкомăн ответлă работникĕпе калаçма тĕл килчĕ. Вăл та «Звезда» колхозри руководительсен, уйрăмах Яковлев юлташăн ĕçне пысăк хак парать. Ыйту парас килет: «Звезда» колхозăн пуян опычĕсене районти пур колхозсене те çитерес тĕлĕшпе райкомпа райисполком тивĕçлĕ таран тăрăшаççĕ-и? Хальхи вăхăтра ун пек калама çук-ха.

Колхозсем пĕрлешиччен, 1948 çулта, «Звезда» колхозра наукăллă-производствăллă конференци ирттернĕ. Унтанпа тăватă çул ытла иртнĕ ĕнтĕ. Ял Совет территорийĕнче 5 колхоз пĕр артеле пĕрлешнĕ

# Çамрăк выльăхсене пĕтĕмпех сыхласа хăварассишĕн

ÇĔРПУ. «Новая жизнь» колхоз — хăйĕн шултра хуçалăхĕн нумай енлĕ отраçлисене вăйлăн аталантарнă артельсенчен пĕри. Пĕрлешнĕ хыççăн пирĕн колхозра обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç уйрăмах пысăк тупăшлă отрасль пулса тăчĕ. 1952 çулта эпир çак отраçлĕрен 266 пин тенкĕ ытла тупăш илтĕмĕр, ку вăл мĕнпур тупăшăн 53 процентĕ пулать.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра колхозсемпе совхозсенчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри работниксем умĕнче тата пысăкрах задачăсем тăраççĕ. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пире фермăсенчи выльăхсен шутне, унпа пĕрлех тухăçлăхне те чылай ÿстерме кăтарту пачĕ.

Выльăх-чĕрлĕх шутне ÿстермелли плана ăнăçлă пурнăçлассине чи малтан çамрăк выльăхсене пĕтĕмпех сыхласа хăварни тата тĕрĕс пăхса ÿстерни татса парать. Ку тĕлĕшпе пирĕн колхозри ферма работникĕсем чылай опыт пухрĕç, анчах халиччenхи çитĕнÿсене çителĕклĕ тесе шутлама çук. Çавăнпа та эпир кăçал çамрăк выльăхсем чир-чĕрпе е вырăпа вилессине пĕтĕмпех пĕтерме задача лартрăмăр.

Пирĕн колхозăн 1953 çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли планĕ пĕчĕк мар. Фермăсенче кăçал 90 пăру, 50 тиха, 230 путек, 600 сысна çăвăрĕ хутшăнмалла. Çамрăк выльăхсене лайăх кĕтсе илмелле тата сывлăхлă пăхса ÿстермелле пултăр тесе, колхоз правленийĕ иртнĕ кĕркунне умĕнех пысăк мероприятисем туса ирттерчĕ. Фермăсенчи пур витесене те тĕплĕн юсаса ăшăтрĕç, выльăхсем валли апат ытлăн-çитлĕнех уйăрса хучĕç, хĕллехи вăхăтра апат турттарса тăма тата ăна хатĕрлесе çитерме ĕç вăйĕ хупса пачĕç.

Хальхи вăхăтра выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре питĕ ответлă тапхăр пырать. Ĕнесемпе сурăхсем йышлăн пăруласçĕ, сыснасем çăвăрласа кĕтетпĕр.

«Пĕр пуç çамрăк выльăх вилни те ан пултăр»,—çакăн пек задача лартрĕç пирĕн фермăсенче ĕçлекен колхозниксем. Çав обязательствăна тÿррĕн пурнăçлассишĕн дояркăсемпе свинаркăсем, сурăх пăхакансемпе конюхсем хушшинче социализмлă ăмăрту сарăлчĕ.

1953 çулхи январьте тата февралĕн пĕррремĕш çуруйăхĕнче ĕнесенчен 18 пăру, сурăхсенчен 140 путек илтĕмĕр. Вĕсем пурте ăшă витесенче сывлăхлă пурăнаççĕ. Дояркăсем Г. Силантьевăпа А. Ферапонтова, пăру пăхакансем А. Шишкинăпа М. Михайлова юлташсем, иртнĕ çулта ăмăртура мала тухнăскерсем, кăçал та çамрăк выльăхсене 100 процентпех пăхса ÿстерессишĕн вăя хĕрхенмесĕр ĕçлеççĕ.

Çамрăк пăрусене пирвайхи кунсенче ĕне ырри (молозиво) нумайрах ĕçтеретпĕр. Каярахпа та вĕсен апатĕнче сĕт тĕп вырăн йышăнать. Пăрусене тин сунă ăшă сĕт тата яланах таса савăт-сапаран ĕçтернине куллен асăрхаса тăратпăр. Хăшпĕр пăрусем сĕте витререн ĕçме вĕренсе çитеймеççĕ, вĕсене вара ятарласа хатĕрленĕ ĕмкĕчрен ĕçтерме тивет.

20 кун иртнĕ хыççăн çамрăк пăрусене паракан сĕт çине концентратсем хушатпăр, çав вăхăтран пуçласа пăрусен умĕнчен симĕс утă татăлмасть.

Сурăх путеккисене пĕтĕмпех сыхласа хăварасси те çăмăл ĕç мар. Кĕркуннерен пуçласах эпир сурăх ферминче талăк тăршшĕпех черотлĕ дежурнăйсем тăрататпăр. Сурăх пăхакан Е. Беляева колхозница хăйĕн пысăк чăтăмлăхне кăтартрĕ. Вăл тăрăшнипе кăçал пĕр путек вилни те пулмарĕ.

Фермăра сахал сĕтлĕ сурăхсем пулаçсĕ. Çавăн пек сурăх путеккисене ĕне сĕчĕпе тăрантарма эпир сурăх ферми çумне икĕ сăвакан ĕне уйăрса патăмăр. Çакă вăл çамрăк путексем вырăпа аптăрассине вуçех пĕтерме май парать. Пĕр уйăх иртсен путексене çемçе утă тата концентратсем пама тытăнатпăр.

Март уйăхĕ пирĕн колхозри сысна фермине ĕçлекен работниксемшĕн йывăр тапхăр пулать. Çак уйăхра 60 сысна ами çăвăрламалла. Сыснасен ăратлăхне тата иртнĕ çулхи итогсене шута илсе, пурĕ 600 çăвăртан кая мар пулассине кĕтетпĕр. Çамрăк çăвăрсем вырăпа начарланса, чирлесе ан вилччĕр тесен, çăвăрлă амасене лайăх пăхмалла.

Сысна амисене вăйлăрах тăрантарма колхоз çĕрулми, концентратсем тата лайăх пахалăхлă силос ытлашшипех уйăрса хучĕ. Механизациленĕ кормокухньăра фермăри сыснасем валли апат çителĕклĕ таран хатĕрлесе тăраççĕ.

Юлашки çулсенче колхоз правленийĕ пур фермăсене те хăйсен ĕçне парăннă кадрсемпе тĕреклетме тăрăшрĕ, фермăсенчи работниксем улшăнса тăрасси пĕтсе пырать. Кунпа пĕрлех эпир выльăх-чĕрлĕх пăхакан колхозниксемпе колхозницăсен квалификацине хăпартас ĕçе тĕп вырăна хуратпăр. Хăйсен пĕлĕвне ÿстерме, малта пыракан совет науки вĕрентнĕ пек ĕçлеме тăрăшакан кадрсем кăна паянхи задачăсен сÿлĕшĕнче тăма пултараççĕ.

Фермăсенче ĕçлекен кадрсен пысăк пайĕ зоотехникăпа ветеринари вĕренмелли виçĕ çуллăх курса çÿрет. Çамрăк выльăхсене кĕтсе илнĕ тапхăрта фермăсенчи работниксен ĕçĕ кăткăсланчĕ пулин те, курсри занятисем çирĕп расписани тăрăх иртеççĕ. Çак вĕренÿ çулĕнче эпир пурĕ 18 занати ирттертĕмĕр.

Вĕренĕве практикăллă ĕçпе çыхăнтарассине тĕп вырăна хуратпăр. Сăмахран, çамрăк выльăхсене кĕтсе илме хатĕрленнĕ май, занятисене çак темăсемпе ирттертĕмĕр: «Ĕнесене пăрулас умĕн пăхасси», «Çамрăк выльăхсене кĕтсе илесси тата тĕрĕс пăхса ÿстересси» т. ыт. те.

Çĕршывра малта пыракансен ĕçри мелĕчĕпе паллаштарнă занятисем пире пысăк усă параççĕ. Лощенова дояркăн (Мускав облаçĕ), ферма заведующин Малининa юлташăн (Ярославль облаçĕ) опычĕсемпе паллашнă занятисем пысăк интереспа иртрĕç. Малта пыракансен ĕç меслечĕпе паллашнă хыççăн, пирĕн фермăсенчи чылай работницăсем курсра хăйсен опычĕ çинчен каласа кăтартма кăмăл тăваççĕ. Сăмахран, Г. Силантьева доярка «Эпĕ ĕнесенчен вăтам шутпа 1.600 литр сĕт мĕнле майпа илме пултартăм» темăпа тунă доклада вĕренекенсем активлăн сÿтсе яврĕç.

1952 çулта выльăх-чĕрлĕх шутне тата тухăçлăхне ÿстермелли задание ирттерсе тултарнăшăн правлени дояркăсемпе свинаркăсене, сурăх пăхакансемпе конюхсене, ĕçшĕн хушса тÿлесе, пурĕ 8 пăру, 5 путек, 19 сысна çăвăрĕ, 2.700 литр сĕт тата пĕр тонна çурă тырă пачĕ. Социализмлă ăмăртура мала тухнă Силантьева доярка хăй кăна 568 литр сĕт тата пĕр пăру илчĕ.

Социализмлă ăмăртăва тата анлăрах сарса, пирĕн фермăсенчи работниксем умра тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлаççĕ. Çамрăк выльăхсене пĕтĕмпех сыхласа хăварни тата тĕрĕс пăхса ÿстерни выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли тата тухăçлăхне ÿстермелли задание ирттерсе тултарма май парĕ.

**Ю. ШАПОШНИКОВ,**
«Новая жизнь» колхозри зоотехник.

---

хыççăн «Звезда» колхозра çĕнĕ улшăнусем пулса тăнă. Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци çĕнĕ условисенче хуçалăха мĕнле ертсе пынипе, пилĕк ял кĕрекен колхозра ĕçе тĕрĕс организациleme пĕлнипе лайăхрах паллаштарма ку колхозрах районти семинарсемпе производствăллă канашлусем ирттерни аван пулĕччĕ.

Пур отраслĕсем те вăйлă аталаннă хуçалăха ертсе пыма çăмăл мар. Яковлев юлташпа ытти работниксем талăкĕпе ĕçрен пушанайман вăхăтсем тăтăшах пулаççĕ. Анчах вĕсем ытти колхозсене çитсе хăйсен ĕçĕн опычĕсем çинчен докладсем ирттерме те вăхăт тупма пултарĕччĕç. Кăтартуллă хуçалăх тума пĕлекенсен сăмахне колхозниксем кирек хăçан та пысăк кăмăлпа итлеççĕ.

«Звезда» колхоза нумайăшĕ пĕлеççĕ. Унăн çитĕнĕвĕсем пысăк. Анчах, правленин хуçалăха ертсе пырас ĕçĕпе тĕплĕнрех паллашсан, пысăк çитменлĕхсем пурри те курăнать. Сăмахран, «Звезда» колхозăн тырпул тухăçĕ, республикăра малта пыракан колхозсеннипе танлаштарсан, икĕ хут сахалрах. Мĕншĕн?

Колхозра пĕрисем акмалли çĕрĕн пахалăхĕ начарри çине, теприсем 1952 çулта çанталăк условийĕсем ăнăççăр пулни çине йăвантарма пăхаççĕ. Кун пек каланине «Звезда» колхозра малта пыракансен ĕçĕ те сирсе ярать. Д. Тюменев бригадир хăйĕн пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çинчен кашни гектар пуçне 21 центнер тулă, 163 центнер çĕрулми туса илнĕ. Г. Суркин бригадир кашни гектартан 21,6 центнер вăрлăхлăх вика пухса кĕртнĕ. Кун пек тĕслĕхсем татах та пур. Пĕтĕм колхозĕпе илсен вара тырпул тухăçĕ гектар пуçне 10 центнера та çитеймест.

Тĕп сăлтавĕ—акмалли çĕр начарри е çанталăк ăнăççăр пулнинче мар, урăххинче. Яковлев юлташ строительсемпе механизаторсене ку чухнехи техникăна вĕрентессн çине мĕнпур тимлĕхпе пăхнă. Çавăн пекех хăмла плантацийĕнчи ĕçе организациleme тата ертсе пыма квалификациллĕ кадрсем вĕрентсе хатĕрленĕ. Уй-хир бригадисенче вара çавăн пек кадрсем сахал. Совет агробиологи науки кăтартăвĕсене пурнăçлама пĕлес енчен пăхсан, бригадирсем паянхи задачăсен çÿлĕшĕнче тăраймаççĕ-ха. Ку чухнехи çĕр-ĕç наукине вĕренсе алла илес тĕлĕшпе правлени бригадирсен умне çирĕп требовани тăратман.

Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре те çавăн пек картина курăнать. Ку колхозра тавра çук лайăх витесем тума вĕренсе çитнĕ, обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли ытлăн-çитлĕн апат уйăрса хăварнă хыççăн колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 4-шар килограмм çĕрулми валеçсе панă. Анчах выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ енĕпе «Звезда» колхоз каллех малти вырăнта тăраймасть. Сăвакан кашни ĕне пуçне 1952 çулта пин литр сĕт те илеймен. Колхозри хăшпĕр работниксем пĕлтерме имеnеççĕ, анчах йышăнма тивет: «Звезда» колхозра выльăхсем вилесси пĕтменха, иртнĕ çулта та йышлă пулнă.

Тĕп сăлтавĕ каллех кадрсенче. Правлени выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри колхозниксемпе колхозницăсене зоотехникăпа ветеринари наукине вĕрентесси çине сахалрах пăхнă.

Правлени обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе чи пысăк тупăшлă отрасль туса хума çĕнĕ мероприятисем палăртнă. Уйрăмах механизаци енĕпе нумай вăй хураççĕ, сăмахран, сысна витинче кăна виçĕ электромотр пулать. Ку чухнехи техникăпа механизациленĕ витесенче ĕçлеме квалификациллĕ кадрсем хатĕрлес ĕçе те халех çине тăрса тытăнмалла.

«Звезда» колхоз членĕсем коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ социализмлă ялхуçалăх умне лартнă аслă задачăсене пурнăçлас туйăмпа кар тăрса ĕçлеççĕ. 1953 çула вĕсем хăйсен обществăллă пуянлăхне малалла ÿстернипе, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешÿре çĕнĕ çитĕнÿ тунипе палăртĕç.

**Н. ВОЛКОВ.**

---

# Агрозоотехникăна вĕрентес ĕçе хакламаннине пĕтерер

Виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсенче, колхозниксем пилĕк уйăх вĕренеççĕ ĕнтĕ. Республикăра 20 пин çынна яхăн вĕренĕве хутшăннă. Вĕсем ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракансен опычĕпе паллашаççĕ. Колхозниксемпе колхозницăсене вĕрентме 1.183 специалист уйăрнă. Агрозоотехникăна вĕренес ĕçе йĕркелени ялхуçалăх производствин культурине хăпартма, вăйлă тырпулшăн, йышлă та пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн пыракан кĕрешÿре ял ĕçченĕсен хастарлăхне малалла ÿстерме пулăшать.

Анчах наука çитĕнĕвĕсемпе малта пыракан опыта ялхуçалăх производствине кĕртсе пырас тĕлĕшпе пирĕн республикăра пысăк çитменлĕхсем пур-ха. 1952 çулта республикăри колхозсемпе МТС-сем тăпран сухалакан сийне тарăнлатмалли, тĕштырăсене хĕреслĕ тата ансăр ретпе акмалли, çĕрулмине тăваткал кĕтеслĕ майпа лартмалли плансене тултараймании те çавăн çинчен калать. Выльăх-чĕрлĕхе çуллахи вăхăтра лагерьсенче усрасси, вĕсем валли симĕс конвейер тăвасси начар пурнăçланса пырать.

Колхозниксене курссенче агрозоотехникăна вĕрентес ĕçре те çитменлĕхсем нумай. Районти ялхуçалăх пайĕсем чылайăшĕ квалификациллĕ колхоз кадрĕсем хатĕрлесси çине çиелтен пăхаççĕ. Пысăк пĕлÿ илнĕ ялхуçалăх специалисчĕсем курссен ĕçне сахал хутшăнаççĕ.

Колхозниксен вĕренĕвне хакламанни тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерсе пыма чăрмантарать. Курссенчи вĕренĕве йĕркелемелли чи лайăх вăхăт вăл—хĕл кунĕсем. Анчах та Хĕрлĕ Чутай, Октябрьски, Çĕмĕрле, Етĕрне районĕсенче урăхла шутлаççĕ пулас. Ку районсенчи ялхуçалăх органĕсемпе вĕсен специалисчĕсем агрозоотехника курсĕсен ĕçне кăçал тивĕçлипе йĕркелемен. Çакă вăл кулленхи ĕçре те хытă палăрать. Сăмахран, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозра фермăсенче ĕçлеме квалификациллĕ кадрсем хатĕрлеме тăрăшмаççĕ, фермăсенче ĕçлекенсем час-часах улшăнса тăраççĕ. Начар пăхнине пула выльăхсем нумай вилеççĕ.

Агрозоотехника курсĕсен ĕçне лайăхлатма мерăсем йышăнмалла. Ялхуçалăх пропагандин районсенчи группisен колхозниксен вĕренĕвĕпе тимлĕн интересленмелле, курссенче вĕрентекенсене методикăллă пулăшу пама семинарсем тата педагогика совечĕсем вăхăтра ирттермелле. Ку тĕлĕшпе Первомайски, Чкаловски, Улатăр районĕсем паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Унта ялхуçалăх специалисчĕсене курссенчи вĕренÿ ĕçне йĕркелеме лайăх пулăшаççĕ, педагогика совечĕсем йĕркеллĕ ĕçлеççĕ, вĕренÿ программисене пăхса туха вырăнти условисемпе çыхăнтараççĕ.

Первомайски районĕнче вĕренÿ çулĕ пуçланнăранпа педагогика совечĕн виçĕ ларăвне ирттернĕ. Ларусенче ĕç планĕсене, конспектсене, уйрăм преподавательсен ĕçри çитменлĕхĕсене пăхса тухнă. Педагогика совечĕн пур членĕсем те хăйсен группisенче занятисене йĕркеллĕ ирттереççĕ. Кунсăр пуçне, вĕсенчен кашниех темиçе группăн ĕçне тĕрĕслесе тăрать. Ялхуçалăх специалисчĕсем килĕштерсе ĕçленине пула, район колхозсенче массăллă кадрсем хатĕрлемелли плана çулсеренех тултарса пырать. Колхозниксен вĕренĕвне йĕркелени ĕçре çитĕнÿсем тума май парать.

Первомайски районĕнчи чылай ялхуçалăх артелĕсем 1952 çулта паха тĕслĕхсем кăтартрĕç. Уйрăмах виçĕ çуллăх курсра вĕренекен колхозниксен çитĕнĕвĕсене палăртмалла. Вăйлă тырпул çитĕнтернĕшĕн вĕсенчен чылайăшĕ районти ялхуçалăх выставкине хутшăнма тивĕçлĕ пулчĕç. Агротехника курсĕнче вĕренекен уйхир бригадин бригадирĕсем Мулендеев юлташ (Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз), Хитров юлташ («Путь социализма» колхоз) иртнĕ çулта пысăк тухăçлă çурхи тулăпа вир пухса кĕртрĕç.

Курссен ĕçне тĕплĕн организацилени колхоз руководителĕсене тырпул тухăçлăхне ÿстерме, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планĕсене тултарма тата ирттерсе тултарма аван майсем туса парать. Çавăнпа та колхозниксене вĕрентес ĕç çине государство интересĕсем енчен пăхмалла.

Агрозоотехникăн кашни группинчех вĕренÿ программине пĕтĕмĕшпех пурнăçлассишĕн кĕрешесси — ялхуçалăх органĕсемпе курссенче вĕрентекенсен ответлă тивĕçĕ. Çавăн пек тăвас тесен, халĕ расписанисене çĕнĕрен пăхса туха тÿрлетес пулать. Колхоз председателĕсемпе тата колхозниксемпе хăйсемпе килĕштерсе, кашни группăсенче эрнере ытларах сехет вĕренмелле туни кирлĕ. Курсантсене киле паракан заданисене тăрăшса пурнăçлама хушмалла.

Преподавательсен, программăна пурнăçланă хыççăн, вĕреннине тепĕр хут аса илме те вăхăт тупмалла. Программăна тултарассине тĕлли-паллисĕр васканипе, вĕренÿ пахалăхне чакарнипе пурнăçлама юрамасть. Районти ялхуçалăх пайĕсен курссене ертсе пырас ĕçе нихçанхинчен те ытларах лайăхлатмалла. Вĕсен вĕренекен колхозниксене колхоз производствине активлă хутшăнма, курссенче вĕреннипе практикăра анлăн усă курма пулăшмалла.

Кĕнеке тăрăх вĕрентнине преподавательсен яланах колхозри пурнăçпа тачă çыхăнтарса пымалла. Занятисем ирттерме тĕрлĕ пособисемпе, ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе кăларакан кинофильмсемпе тăтăшах усă курмалла.

Чылай вĕренÿ группisенче юлса пыракан юлташсем пур. Паллах, вĕсемпе уйрăммăн ĕçлемелле, консультацисем ирттермелле.

Кăçал виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсенчен колхозниксем пĕрремĕш хут вĕренсе тухаççĕ. Курсран вĕренсе тухакан колхозниксен колхоз производствин пĕр-пĕр отраслĕнче наука тăрăх ĕçлеме пĕлÿ çителĕклĕ пулмалла. Ялхуçалăх работникĕсен чыслă тивĕçĕ—колхозниксене вăйлă тырпул туса илме, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерсе пыма тĕплĕ пĕлÿ парасси пулать.

**М. СРЕТЕНСКАЯ,**
Ялхуçалăх министерствин ялхуçалăх пропаганди управленийĕн начальникĕ.

---

# Социализмлă ăмăртăва куллен вăйлатса пымалла

(Чăвашоблпрофсоветăн VII-мĕш пленумĕнчен)

Çак кунсенче Чăвашоблпрофсоветăн VII-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум икĕ ыйту: республикăра трахомăна пĕтерес ĕç мĕнле пыни тата Çĕмĕрле комбинатĕнче социализмлă ăмăртăва мĕнле ертсе пыни çинчен сÿтсе яврĕ.

Пĕррремĕш ыйтупа Чăваш АССР Сывлăха сыхлас ĕç министрĕ В. Ефимова юлташ тата медицина работникĕсен профсоюз обкомĕн председателĕ Л. Васякова юлташ доклад туса пачĕç. Докладчиксем тата пренире тухса калакансем республикăра трахомăна пĕтерес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернине палăртрĕç, профсоюз организацийĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен чарăнса тăчĕç. Чăвашоблпрофсовет пленумĕ профсоюз членĕсене, уйрăмах сывлăх учрежденийĕсемпе çутĕç учрежденийĕсенче ĕçлекенсене трахомăна пĕтĕмпех пĕтерессишĕн тимлĕрех кĕрешме хушса хăварчĕ.

Иккĕмĕш ыйтупа Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи завком председателĕ Илларионов юлташ доклад туса пачĕ.

— Профсоюз организацийĕсем, — тет докладчик, — Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ лартнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлас тесе ĕççыннисен анлă массисен ĕçри çĕкленĕвне тата творчествăллă пуçарулăхне пур майсемпе те аталантарса пыма тивĕçлĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра сĕтел-пукан туса кăларасси виçĕ хут ÿсмелле, продукци пахалăхне лайăхлатмалла, ĕç тухăçлăхне ÿстермелле. Комбинат коллективĕ ĕççыннисем валли паха сĕтел-пукан нумай туса кăларассишĕн кĕрешет. Цехсем, сменăсем, бригадăсем пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Рабочисем хушшинче професси тăрăх, мастерсем хушшинче лайăх мастер ятне илме тивĕçлĕ пулассишĕн ăмăрту пырать. 41 бригада тата пĕр участок пысăк пахалăхлă продукци çеç туса кăларассишĕн, çĕршер рабочи продукцин хăйне ларакан хакне кашни операци тăрăх йÿнетессишĕн кĕрешет. 272 рабочи валли лицевой счет уçнă. Ăмăртура малта пыракансене палăртма Хисеп кĕнеки тата Хисеп хăмисем тунă. Цехсене пама куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав тунă.

Социализмлă ăмăртăва рабочисенчен 98 проценчĕ ытла хутшăннă. Комбинатра стахановецсемпе ударниксем пин ытла. 1952 çулта пине яхăн рабочи 1,5—2 çулхи, 149 çын—2,5 çулхи, 49 çын — 3—3,5 çулхи ĕç нормине тултарнă. Завком цехсем хушшинчи ăмăрту итогĕсене кашни уйăхра пăхса тухать. Стахановецсен опычĕпе меслетне сарас тĕлĕшпе организациллĕ ĕçсем чылай туса ирттереççĕ. Пĕлтĕр Канашри вагонсем юсакан заводри стахановецсемпе комбинатри стахановецсен конференцине ирттернĕ. Инженерсемпе техниксем 19 участокри ĕç мелĕсене тĕпчесе пĕтĕçтернĕ. Уйрăм профессисем тăрăх стахановецсен канашлăвĕсене ирттереççĕ. Уйрăм стахановецсем (Спирин, Мытиков юлташсем т. ыт. те) хăйсен опычĕ çинчен лекцисем вуласа параççĕ.

1952 çулта комбинат Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан университет валли сĕтел-пукан туса кăларма задани илнĕ. Малтанхи вăхăтра çак задание пурнăçласси япăх пынă. Цехсенчи профсоюз комитечĕсемпе профгруппоргсем пуçарнипе коллективра университет валли сĕтел-пукан тумалли плана срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăрту анлăн сарăлнă. Ăна пула комбинат государствăн çак ответлă заданине 116 процент пурнăçланă.

Докладчик, уйрăмах пренире тухса калакансем, социализмлă ăмăртăва ертсе пырас тĕлĕшпе завком ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕç. Комбинат коллективĕ чылайранпа ытти предприятисемпе ăмăртмасть, çĕршыври малта пыракан сĕтел-пукан завочĕсен опычĕпе усă курмасть. Профсоюз организацийĕсем социализмлă ăмăрту участникĕсене комбинат ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме ки[...]ĕ пек мобилизацилемеççĕ. Уйăхăн малтанхи вунăкунлăхĕнче цехсенче лăпкă, иккĕмĕш вунăкунлăхĕнче—тăрăшарах ĕçлеме пуçлаççĕ, виççĕмĕш вунăкунлăхĕнче вара штурмлама тытăнаççĕ. Штурмовщина кунта йăлана кĕнĕ. Çавна пула комбинат пуян техникăна тухăçлă ĕçлеттереймест.

Комбинат ĕçĕнче йывăрлăхсемпе чăрмавсем те сахал мар. «Чăвашвăрман» трест тата ытти предприятисем ăна йывăç çителĕксĕр тăратаççĕ. «Большевик» завод пăспа электроэнерги сахал парса тăрать. Çав условисенче чĕртавар, электроэнерги тата пăс перекетлесси завкомпа цехкомсен ĕçĕнче уйрăмах пысăк вырăн йышăнма тивĕçлĕ пулнă. Анчах вĕсем ăмăрту договорĕсем тунă тата обязательствăсене пурнăçланине тĕрĕсленĕ чухне перекетлĕхе çирĕплетес ыйтупа кирлĕ пек интересленмеççĕ. 1952 çулта комбинат йывăçран хăма кăлармалли задание пурнăçламан, чĕртаварпа материалсем нормăран ирттерсе расходланă. Предприятире, уйрăмах сушильнăй цехра, брак нумай. План тăрăх продукцин хăйне ларакан хакне 12,8 процент йÿнетмелле пулнă, чăннипе 9,9 процент çеç чакарнă. 1952 çулта комбинат Тăван çĕршыва виçĕ миллион тенкĕлĕхе яхăн сĕтел-пукан парса çитереймен. Кăçалхи январьпе февраль уйăхĕсенче те япăх ĕçлет.

Завком профсоюз активне воспитани парас тĕлĕшпе сахал ĕçлет. Клубра лекцисемпе докладсем сайра хутра çеç ирттереççĕ. Завком профгруппоргсене çителĕксĕр ертсе пырать, вĕсене группăсенче социализмлă ăмăртăва йĕркелеме кирлĕ пек пулăшмасть. Завкомпа цехкомсем çумĕнчи чылай комиссисем япăх ĕçлеççĕ.

Кăçалхи февраль уйăхĕнче виççĕмĕш цехра пĕр рабочи те социализмлă обязательство йышăнман. Цех пĕррремĕш вунăкунлăхра хатĕр продукци пачах туса кăларман, иккĕмĕш вунăкунлăхра уйăхри плана 18 процент çеç тултарнă. Цехсенче производствăллă канашлусем сахал ирттереççĕ. Канашлу ирттерни çинчен чылай цехсенче протоколсем çырмаççĕ, рабочисен нумай сĕнĕвĕсене шута илмеççĕ, вĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен коллектива пĕлтермеççĕ.

Доклад тăрăх сакăр çын тухса каларĕ. Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри завком председателĕ Червяков юлташ Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи завком социализмлă ăмăртăва çителĕксĕр ертсе пынине палăртать. Вăл хăйсен коллективĕнче ăмăртăва мĕнле йĕркелени çинчен каласа парать. Червяков юлташ Главкинопрокат кантурне республикăна техника ыйтăвĕсемпе паллаштаракан киножурналсем кÿрсе килменшĕн критиклет.

Пренире тухса калакансем Чăвашоблпрофсовет президиумĕ Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи завкома çителĕксĕр пулăшнине палăртрĕç.

Чăвашоблпрофсовет пленумĕ комбинатра социализмлă ăмăртăва çÿлĕ пусăма хăпартма пулăшакан решени йышăнчĕ.

---

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

КПСС Чкаловски райкомĕ Кивĕ Ахпÿртри вулав çуртĕнчи çитменлĕхсем çинчен çырнă заметкăна вырăна кайса тĕрĕслени çинчен пĕлтерчĕ. Райком пĕлтернĕ тăрăх, çак вулав çурчĕ малтанхи вăхăтра чăнах та çителĕксĕр ĕçленĕ пулнă. Халĕ кунта ĕçе лайăхлатса пыраççĕ. Ял Совечĕ вулав çуртне тенкелсемпе сĕтелсем юсаттарса панă, вулав çуртне лозунгсемпе тата плакатсемпе илемлетнĕ, справка паракан сĕтел организациленĕ.

Вулав çурчĕн заведующийĕ Прокопьева юлташ малтанхи вăхăтра вулав çуртне пыракансене кирлĕ пек йышăнманни пулкаланă. КПСС райкомĕ Прокопьева юлташа çак çитменлĕхе пĕтерме, пуçламăш парторганизаци секретарьне Арланов юлташа вулав çурчĕн ĕçĕпе куллен интересленме тата ăна куллен пулăшса пыма хушнă.

**Н. ВОЛКОВ.**

---

*Редакцие килнĕ çырусем*

## Судья ĕçе тăсать

1952 çулхи февраль уйăхĕнче Çĕмĕрле районĕнчи Тукас ял Советĕнчи Янташ ял çынни Петров Çĕмĕрле районĕнчи 3-мĕш участокри халăх судне Тукасри Альцевран аçам çухатнăшăн 550 тенкĕ укçа шыраса илме ĕç пуçарнă.

3-мĕш участокри халăх сучĕ 1952 çулхи мартăн 21-мĕшĕнче ку ыйтупа пуçарнă ĕçе Çĕмĕрле хулинчи 1-мĕш участокри халăх судне ярса парать. 1-мĕш участокри халăх сучĕ 1952 çулхи майăн 16-мĕшĕнче пулса иртнĕ суд ларăвĕнче çак ĕçе пăхса тухнă. И. Н. Альцевран 550 тенкĕ укçа шыраса илме решени йышăннă. Çапла ĕç пĕтнĕ темелле ĕнтĕ, анчах ĕç урăхла пулса тухрĕ. Суд решени йышăннăранпа 6 уйăх иртрĕ. Çапах та решенине паян кун та пурнăçа кĕртмеççĕ.

В. Петров суд решенийĕ пурнăçа кĕменни çинчен Сироткин судьяна тепĕр хут аса илтерчĕ. Анчах Петров ыйтăвĕ çине Сироткин «166-мĕш номерлĕ ĕç делопроизводствăра çук, сухалнă пулмалла, çак çухалнă ĕçе тепĕр хут çĕнетме кирлĕ», тесе ответлерĕ.

1-мĕш участокри халăх сучĕ хушнă тăрăх В. Петров 1952 çулхи ноябрĕн 16-мĕшĕнче çак ĕçе иккĕмĕш хут пуçарчĕ, заявлени панăранпа 3 уйăх иртрĕ, анчах кун пирки паян та нимĕнле хыпар та çук.

**К. ДМИТРИЕВ.**

---

## Вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ лайăхланать

Улатăр районĕнчи шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ çултăн-çул лайăхланса пырать. Учительсем хăйсен идейăллăполитикăллă пĕлĕвне, педагогикăпа методика тĕлĕшĕнчи ăсталăхне ÿстерсе пыраççĕ. Ачасемпе çамрăксем тăрăшса вĕренеççĕ. Анчах кунпа пĕрлех районти шкулсенче çитменлĕхсем те сахал мар-ха. Хăшпĕр шкулсенче пĕрремĕш çур çулта иккĕр-виççĕр ача шкула çÿреме пăрахнă, кашни шкултах вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайманнисем чылай.

Çак çитменлĕхсем мĕнрен килеççĕ-ха? Вĕсем шкулти вĕрентÿпе воспитани ĕçне шкул дирекцийĕ тата районти çутĕç пайĕ тăтăшах тĕрĕслесе тăманнинчен, урoксене çителĕклĕ шайра ирттерменнинчен килеççĕ. Çавăнпа та шкулсен руководителĕсем тата районти çутĕç пайĕн инспекторĕсем енчен учительсен урокĕсене тĕрĕслес тĕлĕшпе ĕçе вăйлатни, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме пулăшни кирлĕ.

Хăшпĕр вĕренекенсене пулăшу памалла пулнă. Анчах шкулсен директорĕсем тăлăх ачасене пулăшмалли фондсем тума çителĕклĕ тăрăшман. Ялпо магазинĕсенче учебниксем нумай, анчах вĕренекенсенчен чылайăшĕ хăйсене кирлĕ кĕнекесене туянман. Ачасем кĕнекесем сутăн илес ĕçе шкул дирекцийĕсем организацилемен. Ачасен учебниксем çукки вĕренÿре нумай кансĕрлет. Çавăнпа та ку çитменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлес пулать.

Пĕрремĕш çур çулта нумай классен руководителĕсем вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсен пухăвĕсене ирттермен. Классен руководителĕсемпе учительсем вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсемпе тачă çыхăну тытма тивĕçлĕ, çапла майпа вĕсен вĕренекенсем хушшинче дисциплинăна çирĕплетме, вĕренÿ ĕçне лайăхлатма тăрăшас пулать.

Пирĕн Çĕнĕ Эйпесри вăтам шкул учителĕ П. Хараськин юлташ вĕренÿре малтан ĕлкĕрсе пыраймаn ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе час-часах тĕл пулса каласрĕ, пухусем ирттерчĕ, иккĕмĕш чĕрĕкре вара тăватă ача ĕлкĕрсе пыракан пулчĕç.

Асăннă шкулта комсомолпа пионер организацийĕсем тата учком шкулти вĕрентÿпе воспитани ĕçне лайăхлатма нумай пулăшаççĕ. Шкулти комсомолецсем вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймаn комсомолецсем çинчен яланах хăйсен пухăвĕсенче сÿтсе яваççĕ, çийĕнчех пулăшаççĕ.

Вĕренÿ ĕçне лайăхлатма шкулти предмет кружокĕсем пысăк пулăшу параççĕ. Иртнĕ çур çулта Çĕнĕ Эйпесри вăтам шкулта И. В. Сталин биографине вĕренмелли кружок, çамрăк натуралистсен кружокĕ, физикăпа техника кружокĕсем ĕçлерĕç. Кружока хутшăнса ĕçлени нумай вĕренекенсене çав предметсемпе ĕлкĕрсе пыма пулăшрĕ. Физикăпа техника кружокĕ (руководителĕ М. Степанов) пулăшнипе шкулта çилпе ĕçлекен двигатель туса лартма хатĕрленеççĕ.

Ачасем тĕплĕ те çирĕп пĕлÿ илесси учительтен килет. Уроксене ыран ирттермелле чухне мар, малтанах тĕплĕн хатĕрлемелле, уроксенче наглядnăй пособисемпе ытларах тата пĕлсе усă курма тăрăшмалла. Учительсен программăн кашни пайĕ тăрăх урока политехнизаци элеменчĕсене кĕртес пулать.

Уроксенче ачасене тĕрĕс çырма тата калаçма хăнăхтарасси чĕлхе вĕрентекен учительсен ĕçĕ кăна мар, çак ĕç вăл—кашни учителĕн тивĕçĕ. Сăмахран, IX-мĕш класра вĕренекен ачасем психологи урокĕнче ăнланма йывăр çакăн пек сăмахсем тĕл пулаççĕ: индукция, дедукция, торможение, точка раздражения тата ыттисем те. Çак сăмахсене, паллах, психологи вĕрентекен учителĕн хăйĕн тĕплĕн ăнлантарса памалла. Ытти предметсемпе вĕрентекен учительсен те ачасене ăнланма йывăр сăмахсем çинчен тĕплĕн каласа кăтартас пулать.

**М. АКИМОВ,**
Улатăр районĕнчи Çĕнĕ Эйпесри вăтам шкулăн вĕренÿ пайĕн заведующийĕ.

---

## *Çĕнĕ кĕнекесем*

Чăваш АССР государство издательстви чăваш драматургĕсем юлашки вăхăтра çырнă пьесăсене уйрăм кĕнеке туса пичетлесе кăларчĕ. Кĕнекере çак пьесăсем пичетленнĕ: В. Ржановăн — «Энтип», Л. Агаковпа Л. Родионовăн — «Ылтăн вăчăра», А. Эсхелĕн — «Вут чулĕ», Н. Айзманăн—«Иван Новиков», А. Кăлганăн—«Сывăх çăлтăрсем», Г. Хардампьевăн — «Çурхи кĕвĕсем».

Кĕнекере 350 стр. Тиражĕ 3.000 экз., хакĕ 10 т. 15 пус.

Т. А. Кружилин çырнă «Силос культурисене акса тăвасси» ятлă кĕнекене чăвашла пичетлесе кăларнă. Кĕнеке хамăр республикăри колхозниксене силос культурисемпе тата вĕсене акса тумалли майсемпе паллаштарать.

Кĕнекере 39 стр. Тиражĕ 2.000 экз., хакĕ 45 пус.

---

## ХĂÇАН РАДИО ПУЛĔ-ШИ?

Красноармейски районĕнчи Именкасси — пысăк ял. Кунти «Путь Ленина» колхоз — районти пуян колхозсенчен пĕри. Яла электричество çутатать. Иртнĕ çулта колхоз водопровод турĕ. Анчах кунта яла радиофикацилемен. Вулав çуртĕнче тата колхоз правленийĕнче радиоприемниксем пур, вĕсем начар ĕçлеççĕ.

Кашни колхозникăн ĕçрен таврăннă хыççăн килте радио итлес килет. Ялта радиоузел туни кашни килех радиорепродуктор лартма май парĕччĕ. Анчах колхоз правленийĕпе ял Совечĕ яла радиофикацилес пирки тăрăшмаççĕ.

**Е. ЛУКИН.**

# Тĕнчери лару-тăру

## МИРШĔН КĔРЕШЕКЕНСЕН ФРОНЧĔ ТĔРЕКЛЕНСЕ ПЫРАТЬ

Икĕ çул каялла Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн пĕрремĕш сессийĕ, халăхсен ирĕкĕпе ĕмĕчĕсене палăртса, историллĕ решенисем йышăнчĕ. Вăл решенисем пĕтĕм тĕнчипе мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн пыракан кĕрешӳре çĕнĕ тапхăр пуçланнине пĕлтерессĕ. Сесси тĕп вырăнта тăракан задача пилĕк аслă держава — Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем, Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики, Великобритани тата Франци хушшинче Мир Пакчĕ тăвассишĕн массăллă юхăм организацилесси пулать, тесе кăтартса пачĕ. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ Мир Пакчĕ тăвасси çинчен чĕнсе каланине мĕнпур çĕршывсенчи халăхсен анлă массисем хапăл туса йышăнчĕ. Ырă шухăшлă 600 миллион çын ытла çак чĕнӳ çине алă пусрĕç, çапла вара вĕсем мирлĕ пурнăçа юратакан халăхсем вăрçă пуçаракансене çăварлăхлама хатĕр, тăнине кăтартрĕç. Мир Пакчĕ тăвассишĕн юхăм малалла вăйланса пырать, ун майлă тăракансен йышĕ вĕçĕмсĕр ӳсет, тĕрекленет, вăйланать.

«Мире сыхласа хăварас ĕçе халăхсем хăйсен аллине илсен тата ăна вĕçне çитичченех хӳтĕлесе тăрсан, — тенĕ И. В. Сталин, — мир сыхланса юлĕ тата тĕрекленĕ».

Сталин юлташăн çак аслă сăмахĕсем çĕр чăмăрĕн мĕнпур кĕтесĕсенчи миллионшар çынсен чĕрине кĕрсе вырнаçрĕç. Çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне курса, мире юратакан халăхсем мирĕн аслă ялавĕ айĕнче тачăрах пĕтĕçессĕ, империалистла агрессорсене хирĕç кĕрешĕве вăйлатса пыраççĕ.

Иртнĕ икĕ çул хушшинчи тапхăр пысăк событисемпе паллă пулса тăчĕ. Вĕсем миршĕн кĕрешекенсен юхăмĕ вăйланса пыни çинчен калаççĕ. Пекинра Ази çĕршывĕсемпе Лăпкă океан çĕршывĕсенчи миршĕн тăракансен конгресне ирттернĕ. 1.600 миллион çын пурăнакан 37 çĕршыв представителĕсем çĕр чăмăрĕн çак районĕнче мирлĕ пурăнма май паракан решенисем йышăнчĕç, пилĕк аслă державăна Мир Пакчĕ тума тепĕр хут чĕнсе каларĕç. Конгресс Корейăра Америка агрессине чарса лартма, империалистсен Малайăпа Вьетнамри вăрă-хурахла вăрçине чарса лартма, Японипе мирлĕ договор тума чĕнсе каларĕ, миршĕн кĕрешекен мĕнпур тӳрĕ шухăшлă çынсен ячĕпе çапла шантарса каларĕ: вăйсене пĕрлештерсен, умра тăракан катастрофăна пĕтерме, вăрçăн хура пĕлĕчĕсене сирсе яма, этемлĕхшĕн, халăхсен туслăхĕпе çирĕп миршĕн шурăмпуç тухмалла тума пулать, терĕ.

Миршĕн тăракансен Венăра пулса иртнĕ конгресĕ тĕнчери пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Ку вăл чăннипех анлă, çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур çĕршывсенчен тенĕ пекех суйласа янă халăх пухăвĕ пулчĕ. Делегатсем хăйсен халăхĕсенчен конгресра халăхсем миршĕн тăни çинчен каласа пама тата тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас тата агрессорсене çĕнĕ вăрçă кăларма парас мар тесе конкретлă решенисем йышăнма полномочисем илнĕ.

Конгресс, пĕр шухăшлă пулса, США империалисчĕсен тĕнчери халăхсене вăйпа пусмăрламалли политикăна сивлерĕ, государствăсем хушшинче калаçса татăлнипе татса пама пултарайман хирĕçӳсем çук, тесе пĕлтерчĕ. Конгресс хăйĕн возванийĕнче пĕтĕм халăх шухăшне палăртса çапла каларĕ: «Хуласемпе çĕршывсене ишĕлтернипе çитет, вилĕмлĕ хĕçпăшал пухса хатĕрленипе çитет, пĕрпĕрне курайми пулма тата вăрçă кăларма чĕннипе çитет! Калаçусен çулĕ çине тăма вăхăт, калаçса татăлма вăхăт!»

Венăра пулса иртнĕ конгресс пилĕк аслă державăна калаçусем пуçласа яма тата Мир Пакчĕ тума чĕнсе каларĕ. «Çакăн пек тума халăх хушать», тенĕ конгресс чĕнсе каланинче.

Конгресăн историллĕ решенийĕсем миршĕн тăракансене хăйсен тĕрĕс ĕçне шанса тăма пысăк вăй пачĕç. Мĕнпур çĕршывсенче çак решенисем çинчен ăнлантарса парас тĕлĕшпе массăллă кампани пуçланчĕ, мире хӳтĕлекенсен çĕнĕ комитечĕсене тăваççĕ, митингсем, пухусем, конференцисем ирттереççĕ. Вĕсем Венăра пулса иртнĕ конгресс йышăннă решенисене пурнăçа кĕртме хатĕр тăни çинчен калаççĕ. Полици хĕсĕрленине пăхмасăр, капитализмлă çĕршывсенчи миршĕн кĕрешекен паттăрсем хăйсен ырă тĕллевлĕ ĕçĕсене вăйлатса пыраççĕ. Вĕсем васкаса хĕçпăшалланнине хирĕç, хăйсен правительствисен халăха хирĕçле политикине хирĕç, ĕççыннисен демократиллĕ ирĕклĕхĕпе прависене хӳтĕлессишĕн активлă кĕрешеççĕ.

Миршĕн кĕрешекенсен нумай миллионлă çарĕшĕн Совет Союзĕ хавхалантаракан тĕслĕх пулса тăрать. Вăл тытса пыракан мирлĕ политикăна тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи ырă шухăшлă çынсем чĕререн ырласа йышăнаççĕ. Паллă ĕнтĕ, Совет правительстви Пĕрлешнĕ нацисен организацине Мир Пакчĕ тăвасси çинчен, хĕçпăшалсене чакарасси çинчен, атомлă хĕçпăшалсене чарса лартасси çинчен, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелесси çинчен тата ыттисем çинчен те пĕр хут çеç мар сĕнӳсем пачĕ. Анчах та Америкăпа Англи блокĕ çав сĕнӳсене сĕмсĕррĕн сире-сире пăрахать. Çапла вара вĕсем пĕтĕм тĕнчэ умĕнче хăйсен агрессиллĕ шухăшне кăтартаççĕ.

Совет Союзĕ хăватлă мир фрончĕн пуçĕнче çирĕппĕн тăрать, вăл миршĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн пĕтĕм вăя хурса кĕрешет. Çакă вăл мирлĕ пурнăçа юратакан мĕнпур этемлĕхе çĕнĕ вăй парать. Миршĕн кĕрешекенсем вăрçă чĕртекенсен ирсĕр планĕсемпе ĕçĕсем арканса каясса чĕререн шанса тăраççĕ.

## АВСТРИ ПАРЛАМЕНЧĔН СУЙЛАВĔ

Февралĕн 22-мĕшĕнче, вырсарникун, Австрире парламент суйлавĕ пулчĕ. Суйлав реакциллĕ, демократиллĕ партисемпе организацисене хирĕç пыракан суйлав системи тăрăх пулса иртрĕ. Çавăнпа ĕнтĕ унăн результачĕсем никамшăн та ăнсăртран пулман. Халăх партийĕ текен парти 74 мандат илнĕ (унччен унăн 77 мандат пулнă), социалистсен партийĕ—73 мандат (унччен 67 мандат пулнă), «Независимăйсен союзĕ» текен фашистсен союзĕ—14 мандат (унччен 16 мандат пулнă) тата прогрессивнăй суйлав союзĕ—«Австрири халăх оппозицийĕ»—4 мандат (унччен 5 мандат пулнă) илнĕ.

Суйлав мĕнле иртесси суйлав умĕнхи кĕрешӳ тапхăрĕнчех паллă пулнă. Пуç пулса тăракан партисем — «халăхçен» партийĕпе «социалистсен» партийĕ—сулахай блок Австрири ĕççыннисем хушшинче хăйĕн суйлав платформишĕн агитацилеме ан пултартăр тесе, митингсемпе пухусем ирттерме ан пултартăр тесе пур майсемпе те тата хăйсен влаçĕн тулли прависемпе усă курчĕç. Тара кĕрешнĕ фашистла агентсем влаçсем хушнипе «Австрири халăх оппозицийĕн» суйлав умĕнхи плакачĕсене пĕтерсе тăкнă, суйлав умĕнхи пухусенче суйлавçăсене хĕненĕ тата ытти çавнашкал киревсĕр ĕçсем тунă. «Социалистла» парти руководителĕсем ĕççыннисене усçăнах: эсир сулахай блок кандидачĕсемшĕн сасăлатăр пулсан, сире ĕçсĕр хăваратпăр, тесе хăратнă. Пĕр сăмахпа каласан, суйлавçăсене хăратас тĕлĕшпе вĕсем хăйсем мĕн тума пултарнине пурне те тунă.

Ют çĕршывсенче тухакан хаçатсем, Америкăн Австрири представителĕсем «халăх» тата «социалистсен» партийĕсене пулăшма укçа нумай панă. Çакăншăн çак партисен хуçисем Австрие милитаризацилес ĕçре США империалисчĕсене пур майсемпе те пулăшма пулнă.

Реакциллĕ суйлав системи пуç пулса тăракан партисене хăйсен аллине законсăр майпа чылай мандатсем илме май панă. Çакă та тĕлĕнтерет: «халăх» партийĕнчен пĕр депутат суйлама 24.081 сасă, сулахай блокран пĕр депутат суйлама 57.057 сасă кирлĕ пулнă. Кунсăр пуçне, правительство Хĕвелтухăç Австрири прогрессивлă организацисен парламентри 9 вырăнне туртса илнĕ, вĕсене çĕршывăн хĕвеланăç зонисене панă.

Тӳрĕ майпа суйлавра çĕнтерӳ тума çуккине кура, реакцин жуликла майсемпе хăтланмалла пулнă. Çак ĕçре вĕсене Австри реакционерĕсене хӳтĕлекен Америка империалисчĕсем пысăк пулăшу панă. США империалисчĕсем хăйсене пăхăнса тăракан çĕршывсенче пур майсемпе те фашистла йĕркесем туса хума тăрăшаççĕ. Ку тĕлĕшпе Итали тĕслĕх пулса тăма пултарать. Унти пуç пулса тăракан ушкăнсем, Вашингтон хĕснипе, васкаса конституцие хирĕç пыракан суйлав «реформи» ирттерме тăрăшаççĕ. Миршĕн тăракансен Италири комитечĕ хăйĕн заявленийĕнче кăтартса панă тăрăх, ку «реформа» ют çĕршыв интересĕсене, тĕрĕсрех каласан, Италире çар базисем туса хунă американецсен интересĕсене, Германие хĕçпăшаллантарма тăрăшакан, Европăри çĕршывсенчен çĕнĕ жертвăсем ыйтакансен интересĕсене шута илет...»

Çапла ĕнтĕ, Австрире власть реакциллĕ икĕ парти аллинче тăрать. Вĕсем хăйсем Америка империалисчĕсем майлă тăнине тахçанах кăтартнă ĕнтĕ. Вĕсем малашне те çĕршыва милитаризацилес политика тытса пыма, ĕççыннисен пурнăçĕпе прависем çине малалла тапăнма хатĕр тăраççĕ. Анчах та Австри халăхĕн прогрессивлă вăйĕсем çак халăха хирĕçле политикăна пĕтерсе лартассишĕн кĕрешме хатĕр тăнине кăтартса параççĕ.

## ФРАНЦИ ХАЛАХĔ ТАРĂХАТЬ

Çак кунсенче Францин наци пухăвĕн правительство майлă тăракан ытларахăшĕ Францин çар преступникĕсене амнисти парасси çинчен закон йышăннă. Çав закон текстне пичетленĕ «Журналь офисьель» тухма ĕлкĕриччĕнех 13 эльзасеца тĕрмерен кăларнă. Вĕсем, нимĕç эсэсовецĕсемпе пĕрле, 1944 çулта çуллахи вăхăтра Орадур-сюр-Глан ял халăхне нихçан пулман хаярлăхпа пĕтерсе тăкнă.

Çар трибуналĕ Бордо хулинче Орадур палачĕсен ĕçне пĕр уйăх хушши пăхса тухрĕ. Орадур ялĕнчи 642 çынна тискеррĕн вĕлернĕшĕн айăплă 150 çынран 22 çынна кăна суда панă пирки хăй вăхăтĕнче Франци ĕççыннисем питех те тарăхрĕç. Ытти бандитсем, вăл шутра фашистла бандитсен пуçлăхĕ генерал Ламмердинг, Хĕвеланăç Германине тарса пытаннă. Анчах Франци влаçĕсем çынвĕлеренсене тытса пама ыйтас тĕлĕшпе нимĕн те туман. Бордо хулинче суд пынă вăхăтра, унччен Америка оккупациленĕ зонăра суту-илӳ туса пурăннă Ламмердинг хăйĕн çуртĕнчен сасартăк çухалнă. Халĕ вăл, Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Висбаденра чип-чиперех пурăнать.

Франци ĕççыннисем митингсемпе демонстрацисенче çынвĕлеренсене, вăл шутра Франци сутăнчăкĕсене те хаяррăн айăплама ыйтнă. Анчах суд икĕ бандита кăна персе пăрахмалла тунă, ыттисене вара темиçешер çуллăха кăна тĕрмере лартмалла тунă. Вунвиçĕ эльзасеца илес пулсан, вĕсем халĕ ирĕкре çӳреççĕ.

Çар преступникĕсене амнисти панипе пĕрлех, Франци правительстви демократиллĕ деятельсене хĕсĕрлессине вăйлатать. Çакă вăл Франци халăхне тата ытларах тарăхтарать. Паллă профсоюз деятелĕ Ле Леап тата çамрăксен союзĕн руководителĕсем ку таранччен тĕрмере лараççĕ. Франци парламенчĕн реакциллĕ ытларахăшĕ коммунист-депутатсене парламент прависĕр хăвармалла тума тăрăшать. Влаçсем фашистла ирсĕрсен ĕçĕсене курмасăр тăраççĕ. Çавăнпа фашистсем ытларах та ытларах сĕмсĕрленме пуçланă.

Çакнашкал ĕçсенче Франци патриочĕсем Францири пуç пулса тăракан ушкăнсем тата вĕсен хуçисем—Америка империалисчĕсем çĕршывра фашистла йĕркесем туса хума тăрăшнине кураççĕ. Çавăнпа та Францире халăх хирĕçĕвĕ куллен-кун ӳссе тĕрекленет. Ĕççыннисен чи анлă массисен представителĕсем çĕршыв тата халăх интересĕсемпе килĕшсе тăракан политика тытса пымалла тума çине тăрса кĕрешеççĕ.

Д. БОЧАРОВ.



Албани Халăх Республики. Республика столици Тирана хули. Çĕнĕ Албани ятлă бульвар.

С. АЛИТОВСКИЙ фотоӳкерчĕкĕ. (ТАСС фотохроники).

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян пĕлтернинче çапла каланă: Корея Халăх çарĕçе Китай халăх добровоелецĕсен чаçĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем тăшманăн 7 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, мартăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Корея халăх çарĕн соединенийĕсем тата Китай халăх добровоелецĕсен чаçĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсемпе Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем тăшманăн 5 самолетне персе ӳкернĕ.

# Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕ пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене чĕнсе калани

БЕРЛИН, февралĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕ паян пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă:

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ — мартăн 8-мĕшĕ çывхарса килнĕ май Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕ 65 çĕршыври 135 миллион хĕрарăм ячĕпе пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене саламлать. Эпир хуласемпе ялсенче, предприятисемпе учрежденисенче мартăн 8-мĕшне — хăйсен прависемшĕн, хăйсен ачисен телейĕшĕн, миршĕн кĕрешмелли куна палăртма пухăнакан мĕнпур хĕрарăмсене саламлатпăр.

Этемлĕх тăшманĕсем Корея, Вьетнам тата Малайă халăхĕсене хирĕç бактериллĕ, химиллĕ хĕçпăшалсем, напалм бомбисем пулăшнипе тискеррĕн вăрçă вăрçни пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене тарăхтарать, вĕсен чĕрисене ыраттарать.

Çак вăрçăсене чарса лартас, çак вăрçăсене ытти çĕршывсене сарăлма парас мар, хăйсен çĕршывĕн никама пăхăнманлăхне туса хурас, мирлĕ йĕрке тăвас тата пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тума чĕнсе калас тесе пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсем хăйсен вăйĕсене ӳстереççĕ. Кăçалхи çулăн мартăн 8-мĕшĕнче çĕршер миллион хĕрарăмсем тата тепĕр хут хăйсем пĕрлĕхшĕн тăнине кăтартĕç, вĕсем мĕнпур çĕршывсенчи хĕрарăмсене Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресне хутшăнма чĕнĕç. Çак конгреса Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕ Данире июнь уйăхĕнче ирттерет. Çак конгресра тĕрлĕ организацисенчен, мĕнпур профессисен тата политикăпа тĕн тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлă хĕрарăмсем тата нимĕнле организацисен членĕсем те пулса тăман хĕрарăмсем хăйсене хумхантаракан кирлĕ ыйтусене пĕрле татса парас тесе ирĕклĕн те туслăн хăйсен шухăшĕсене пĕлтерме пухăнĕç.

Хамăрăн правăсене кĕрешсе илессишĕн тата хӳтĕлесе тăрассишĕн!

Хамăрăн ачасемпе килйышсене хӳтĕлессишĕн!

Пĕтĕм тĕнчери миршĕн!

Сывă пултăр Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ — мартăн 8-мĕшĕ!

Сывă пултăр Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресĕ!

**Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕ.**

# „Нормандия-Неман" авиаполкĕнчи 11 летчикĕн виле ӳтне Франци влаçĕсене панă

БЕРЛИН, мартăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Берлинра «Нормандия-Неман» авиаполкĕнчи французсен 11 летчикĕн виле ӳчĕсене чаплă церемони туса Франци влаçĕсене панă. Çав летчиксем гитлерла захватчиксене хирĕç паттăррăн çапăçса вилнĕ пулнă.

Совет представителĕсем «Нормандия-Неман» авиаполкĕнчи французсен 11 летчикĕн виле ӳчĕсене Франци представителĕсене панă. Çав представительсене Франци республикин нациллĕ оборона аслă совечĕн членĕ авиаци генералĕ Марсиаль Вален ертсе пынă.

Церемони вăхăтĕнче Франци летчикĕсен виле ӳчĕсен тупăкĕ умĕнче Франципе Совет Союзĕн летчикĕсем хисеплĕ хуралта тăнă.

Франци летчикĕсен виле ӳчĕсен тупăкĕсем çине чечек кăшăлĕсем хунă.

Франци летчикĕсен виле ӳчĕсене пани çинчен акт çырнă чухне Совет Союзĕн государство гимнĕпе Франци республикин нациллĕ гимнне каланă.

# Иранри лару-тăру

ТЕГЕРАН, мартăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Иранри двор министерствин заявленине радио тăрăх пĕлтернĕ тата каçхине тухнă хаçатсенче пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: Иран шахĕ сывалас тĕллевпе февралĕн 28-мĕшĕнче каçхине Тегеранран Ирак урлă ют çĕршыва тухса кайма шутланă. Анчах та, тенĕ двор министерствин заявленийĕнче, шах «ют çĕршыва тухса каяссине тепĕр вăхăта хăварнă».

«Джурналь де Тегеран» кăтартса панă тăрăх, ĕнер хула хушшинче 8 автомашина çӳренĕ, вĕсем çинче демонстрантсем пулнă. Демонстрантсем монархи майлă лозунгсем каласа кăшкăрашнă.

Ĕнер кăнтăрла умĕн Америка посолĕ Гендерсон двор министрĕпе Хоссейн Алапа тата премьер-министр Мосаддыкпа тĕл пулнă.

ЛОНДОН, мартăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Лондонри радио пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер каçхине Тегеранра демонстрацисем пулса иртнĕ. Демонстрантсенчен пĕр пайĕ монархи майлă лозунгсем кăшкăрнă, тепĕр пайĕ шахпа ăна сывăх çынсене хирĕç лозунгсем каланă.

Шах çĕршывран тухса кайма шутланинее—вăл Мосаддык тытакан политикăпа, уйрăммăн илсен, нефть монополийĕ пирки тăракан ыйтупа килĕшменнипе сыхăнтараççĕ.

ТЕГЕРАН, мартăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер çĕрле премьер-министр Мосаддык меджлисăн хупă ларăвĕнче сăмах тухса каланă. «Дад» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, пулса тăнă лару-тăру пирки меджлис депутачĕсене хăйсен позицине палăртма Мосаддык 48 сехет хушши вăхăт панă. Мосаддык 48 сехет иртсен референдум ирттермелле тăвасси çинчен пĕлтерме пулнă.

Паян ирхине Тегеранра лару-тăру унчченхи пекех йывăр пулнă. Урам кĕтессисене тата хулари тĕп урамсене салтаксем тиенĕ грузовиксем лартса тухнă тата полици нарядне вăйлатнă. Ĕнертенпе каçхине 11 сехетрен пуçласа ирхине 5 сехет çитиччен урамсене тухса çӳреме чарнă.

«Бесуе аянде» хаçат паян империализма хирĕç кĕрешекен наци обществин чĕнĕвне пичетлесе кăларнă. Унта «империализмлă кавара хирĕç, çĕршывра Англипе Америка влиянине пĕтерессишĕн кĕрешме» чĕнсе каланă.

Паян кăнтăрла 4 сехетре империализма хирĕç кĕрешекен наци обществи майлă тăракансем Тегеранра вăйлă демонстраци туса ирттернĕ.

Мосаддык майлă тухса тăракан «Нируйе севвом» хаçат меджлисри «нациллĕ юхăм» текен фракцин пĕлтерĕвне пичетлесе кăларнă. Унта çĕршыва ют çĕршыв пусмăрĕнчен тата ют çĕршыв çыннисене тара кĕрешнĕ çынсенчен хăтарма тата çĕршывра политикăпа экономика тĕлĕшĕнчен лайăх йĕркепе лăпкăлăх туса хума чĕнсе каланă.

Пĕлтерӳ çине меджлисăн 28 депутачĕ алă пуснă.

Отставкăна тухнă Бахармаст генерал вырăнне Иран çарĕн генеральнăй штабĕн начальникĕ пулма Таги Рияхи генерала уйăрса лартни çинчен официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ.

# Наукăпа техника

## СЫВАТМАЛЛИ ÇĔНĔ АППАРАТ

Сочи хулинчи Сталин ячĕпе тăракан наукăпа тĕпчев институчĕн сотрудникĕ медицина наукисен кандидачĕ Андриасян çĕнĕ аппарат шухăшласа кăларнă. Çав аппаратпа ӳт-тир шыçнине, хăпарса тухнă мăкăльсене пуçланнă чухнех пĕтерме пулать.

Аппарат металран тунă пĕчĕк коробка ăшне вырнаçать, унăн йывăрăшĕ пурĕ те 350 грамм çеç.

Аппарата ĕçлеттерме электричество токĕ кирлĕ. Вăл ӳт-тир чирĕсене электролиз текен майпа пĕтерет. Ӳт-тир чирĕсенчен электролиз майĕпе сыватни ытти меслетсемпе сыватнинчен чылай лайăхрах. Электролизпа сыватакан аппарат касса сыватнă чухнехи пек ыраттармасть, унпа усă курнă хыççăн суран пӳрленмест тата тӳрленнĕ суран вырăнĕнчи çĕвĕсем паллă мар пулаççĕ.

Андриасян çавăн йышши аппаратсене темиçе туса, Сочи хулинчи тĕрлĕ больницăсене сăнама панă. Сăнаса пăхнă хыççăн çак аппаратсем лайăх ĕçленине, аппаратпа пĕрре усă курнă хыççăнах ӳт-тир чирĕсем пĕтнине тĕпчесе пĕлнĕ.

(«КРАСНОЕ ЗНАМЯ» хаçатран. Сочи хули).

## ШЫВ ВИÇМЕЛЛИ ÇĔНĔ ХАТĔРСЕМ

Коммунальнăй хуçалăхăн Ростоври наукăпа тĕпчев институтĕнче ĕçлекен техникăллă наукăсен кандидачĕ Мераленко юлташ шыв виçмелли çĕнĕ прибор тунă. Çак приборпа трубасем тăрăх мĕн чухлĕ шыв юхса тухнине пĕлме пулать. Ӳсентăрансене шăварса ӳстермелли Азов системăн каналĕсем çинче тата Ростоври водопровод трубисем çумне лартса çав çĕнĕ прибора тĕпченĕ, вăл аван ĕçленине пĕлнĕ.

Нумай пулмасть институтра çавăн йышши тепĕр прибора тĕпчесе пăхнă. Ăна та Мерзенко тунă. Ку приборăн пайĕсем пĕтĕмпех пластмассăран. Малашне çав прибора водопровод шывĕпе усă куракан хваттерсенче лартса тухмалла. Пластмассăран тунă приборсем пăхăртан тунисенчен нихăш енчен те начар мар, хăшпĕр тĕлĕшрен лайăхрах та пулаççĕ. Металран тунă приборсем тутăхса тĕрĕс ĕçлейми пулаççĕ, шыв мĕн чухлĕ юхса тухнине тĕрĕс кăтартаймаççĕ. Пластмассăран тунă приборсен материалĕ нихçан та пăсăлмасть, вĕсем çăмăлрах, йӳнĕрех пулаççĕ.

Ростоври электромонтаж хатĕрĕсен завочĕ пластмассăран шыв виçмелли хатĕрсене штамплакан машинăсем тума тытăннă.

(«МОЛОТ» хаçатран. Ростов хули).

### Хоккей

## „Молния" командин çĕнтерĕвĕ

Мартăн 1-мĕшĕнче Шупашкарти «Молния» спорт обществин стадионĕнче хоккей вăййипе республикăра мала тухмалли вăйă пулчĕ. Стадион хуçисем «Спартак» спорт обществи командипе тĕл пулса вылярĕç. Вăйă 5:2 шутпа, «Молния» спорт обществи команди çĕнтернипе вĕçленчĕ.

* * *

«Спартак» спорт обществи катокĕнче иртнĕ вырсарникун Чапаевски поселок команди «Наука» спорт обществи командипе тĕл пулса вылярĕ. Хоккей вăййипе хулара мала тухассишĕн пыракан ăмăртура Чапаевски поселок команди çĕнтерчĕ.

## БГТО нормине пачĕç

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. «Пионерская правда» хаçат парнине илессишĕн пулнă ăмăртăва çичĕ шкултан 105 йĕлтĕрçĕ хутшăнчĕ. Ăмăртура пĕрремĕш вырăна Хĕрлĕ Чутай вăтам шкулĕн коллективĕ, иккĕмĕш вырăна—Шулюри çичĕ çул, виççĕмĕш вырăна Туктамăшри çичĕ çул вĕренмелли шкулсенчи коллективсем йышăнчĕç.

Йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвне хутшăннисенчен 97 ача БГТО нормине пачĕç.

В. ЧОБАЙКИН.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.





## ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОФСОЮЗСЕН ФЕДЕРАЦИЙĔН ИСПОЛНИТЕЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОФСОЮЗСЕН ВИÇÇĔМĔШ КОНГРЕСНЕ ПУХАССИ ÇИНЧЕН ПĔЛТЕРНИ

ВЕНА, февралĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн исполнительнăй комитечĕ паян Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен виççĕмĕш конгресне пухасси çинчен пĕлтернĕ. Унта çапла каланă:

«Нумай çĕршывсенчи профсоюзсен сĕнĕвĕсене пăхса тухнă хыççăн, пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн исполнительнăй комитечĕ çак кунсенче пулса иртнĕ сессире 1953 çулхи октябрь уйăхĕнче Вена хулинче Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен виççĕмĕш конгресне пухасси çинчен решени йышăнчĕ.

Конгресăн малтанлăха хатĕрленĕ кун йĕркине çак ыйтусене кĕртнĕ:

1. Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн ĕçĕсем çинчен отчет тата пурнăçа лайăхлатассишĕн, миршĕн пыракан кĕрешӳре ĕççыннисен пĕрлĕхне тĕреклетес тĕлĕшпе профсоюзсем умĕнче тăракан малашнехи задачăсем.

2. Капитализмлă çĕршывсемпе колониллĕ çĕршывсенчи демократиллĕ ирĕклĕхсемпе наци никама пăхăнманлăхне хӳтĕлес ĕçре профсоюзсем умĕнче тăракан задачăсем.

3. Колонисенче тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче профсоюз юхăмне аталантарасси çинчен.

4. Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн ертсе пыракан органĕсен суйлавĕ.

Ĕççынни массисен ыйтăвĕсене таранрах палăртас тата Конгреса анлă никĕс çинче ирттермелле тăвас тĕллевпе, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн исполкомĕ тĕрлĕ çĕршывсенчи профсоюзсемпе Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ майлă тăракан мĕнпур профсоюз организацийĕсем çакăнта сĕнекен кун йĕрки тăрăх мĕн шухăшланине палăртма секретариата хушнă тата кăçалхи апрелĕн 20-мĕшĕнче Исполнительнăй бюро ларăвне пухма полномочи панă. Исполком бюровĕн ларăвĕнче, профсоюз организацийĕсем асăрхаттарнисене шута илсе, Конгреса хатĕрленсе ирттермелли мероприятисене палăртса хатĕрлемелле.

Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн исполнительнăй комитечĕ.

Вена. 1953 çулхи февралĕн 27-мĕшĕ».

## Вьетнамри информаци агентстви пĕлтерни

ШАНХАЙ, мартăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнамри информаци агентстви çапла пĕлтерет:

Юлашки кунсенче Франци колонизаторĕсемпе вĕсен Вьетнамри тарçисем Куи-Ньонра «Тулуза» операцине лайăх ирттернĕ пек кăтартса çыраççĕ. Ăна адмирал Обуано ертсе пынипе тата арми генералĕ Салан тĕрĕслесе тăнипе ирттернĕ.

Тĕрĕссипе ĕç çапла пулнă: Куи-Ньон районĕнче сывлăш-çар тата тинĕс-çар вăйĕсен хӳттипе анса юлнă çичĕ пехота батальонĕ çырантан 10 километртан малалла кайма хăяйман. Адмирал Обуано Куи-Ньонра пĕр эрнерен ытла тытăнса тăма пултарайман. Францин колонири çарĕсен пĕртен-пĕр «паттăрлăхĕ» вăл—эвакуаци тунă чухне тухса кайнă халăхăн пурлăхĕсене çаратса пĕтерни тата мирлĕ çынсене пусмăрлани кăна пулнă.

Çӳлте илсе кăтартнă факт вăл тата тепĕр хут Франци пропаганди суя пулнине кăтартать. Вĕсем тĕнчери общественноçа улталасшăн, çакăн пек ултавпа Францин Вьетнамри çарĕ мораль тĕлĕшĕнчен пăсăлса пынине чарса лартасшăн.



НТ 01306 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.